ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Январь
25
ВЫРСАРНИКУН
№ 17 (8926)
35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Информациллĕ пĕлтерÿ

Кăçалхи январĕн 23—24-мĕшĕсенче КПСС Чăваш обкомĕн черетлĕ, III-мĕш пленумĕ пулса иртрĕ.

Пленум çак ыйтусене сÿтсе яврĕ:

1. Ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлавĕ тата парти организацийĕсен задачисем (докладчик — КПСС обкомĕн секретарĕ **Т. А. Ахазов** юлташ).

2. 1953 çулхи çуракине хатĕрленесси тата республикăри колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарасси мĕнле пыни çинчен (докладчик—Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕ **Г. А. Мартынов** юлташ).

Сÿтсе явнă ыйтусем тăрăх пленум тивĕçлĕ решенисем йышăнчĕ.

## Предприятисене пĕр тикĕс, график тăрăх ĕçлеттерессишĕн

Совет çыннисем çĕнĕ пилĕк çуллăх плана тултарассине хăйсен чи пысăк та тăван ĕçĕ тесе шутлаççĕ. Предприятисенче, совхозсенче, МТС-сенче тата колхозсенче пилĕк çуллăх плана срокчен тата иртгерсе тултарассишĕн социализмлă ăмăрту сарăлса пырать. Иртнĕ çулта социализмлă экономика пысăк çитĕнÿсем турĕ, Тăван çĕршыв хăвачĕ тата ытларах тĕрекленчĕ, совет çыннисен пурнăçĕпе культури лайăхланчĕ.

Хаçатсенче СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Статистика Управленийĕ ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли 1952 çулхи плана тултарни çинчен пĕлтерни пичетленсе тухрĕ. Статистика Управленийĕ пĕлтернинчен совет халăхĕ, Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе, коммунизм строительствинче çĕнĕ çĕнтерÿсем туни уççăн курăнать. Промышленность продукци туса кăлармалли плана 101 процент тултарнă, 1951 çулхипе танлаштарсан, 11 процент ытларах продукци панă.

Совет промышленноçĕ продукци пахалăхне лайăхлатас, унăн хăйне ларакан хакне йÿнетес тĕлĕшпе те пысăк ÿсĕмсем тунă. Халăх хуçалăхĕн пур пайĕсем те çĕнĕ техникăпа хĕçпăшалланаççĕ.

Социализмлă ялхуçалăхĕ хăвăрт аталанать. Пĕлтĕр çĕршыв 8 миллиард пăт тĕштырă пухса кĕртнĕ. Обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕ тата тухăçлăхĕ чылай ÿснĕ. Коммунизм строительствинче тунă ÿсĕмсем совет çыннисене тата тухăçларах ĕçлеме хавхалантараççĕ.

Пирĕн халăх тунă çĕнтерÿсемпе лăпланса лармасть, умра тăракан задачăсене чыслăн пурнăçласа пымалли çĕнĕрен те çĕнĕ майсем шырать, ĕçри хастарлăха ÿстерсе пырать. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисемпе, И. В. Сталин юлташăн произведенийĕсемпе хавхаланнă совет çыннисем коммунизм строительствинче тата пысăкрах çитĕнÿсем тума тăрăшаççĕ.

Пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле пирĕн республикăри ĕçсыннисем те Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр ĕçлеççĕ. Шупашкарти пир-авăр фабрики коллективĕ 1953 çулхи производство планне иртгерсе тултарассишĕн, пĕр тикĕс, график тăрăх ĕçлессишĕн, вырăнти Советсен суйлавне продукци ытларах туса кăларнипе, унăн пахалăхне лайăхлатнипе, ĕç тухăçлăхне ÿстернипе, чĕртавар перекетленипе кĕтсе илессишĕн кĕрешет. Цехсем, сменăсем, бригадăсем тата рабочисем хушшинче социализмлă ăмăрту анлă сарăлнă. Çавна пула фабрика икĕ вунăкунлăхра планран иртгерсе 9 пин метр ытла катан пир тĕртсе кăларнă. Фабрика çип арламалли задание те кунтан-кун ăнăçлă пурнăçласа пырать.

Пĕр тикĕс, график тăрăх ĕçлесси Çĕмĕрлери «Большевик» завод коллективĕн йăлине кĕнĕ. Çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕнчен пуçласа коллектив пĕрмай паха тĕслĕхсем кăтартать. Пĕлтĕрхи январь уйăхĕнчипе танлаштарсан, завод Тăван çĕршыва танкид куллен 20—25 процент ытларах парса тăрать. «Чăвашвăрман» трестне пăхăнса тăракан Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнче ĕçлекен механизаторсем тата колхозниксем халăх хуçалăхне йывăç материалсем ытлăн-çитлĕн парса тăрассишĕн кĕрешеççĕ. Вăрманпромхоз çак уйăхра йывăç турттарса кăлармалли плана икĕ эрнере 55 процент тултарнă. Асăннă тĕслĕхсем пирĕн предприятисен пĕр тикĕс, график тăрăх ĕçлеме, производство культурине ÿстерсе пыма мĕн кирли пурте çителĕклине кăтартаççĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви хуçалăх руководителĕсене плана кашни предприяти, цех, участок, бригада тăрăх куллен тултарса пымалла, производствăна çирĕп график тăрăх ĕçлеттермелле тума хушаççĕ. Партин XIX-мĕш съездĕнче Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ: «Государство планĕсене тултарса пыманнин тĕп сăлтавĕсенчен пĕри вăл предприятисем уйăх тăршшĕпех продукци пĕр тикĕс кăларса тăманни пулать. Парти хуçалăх руководителĕсене çак çитменлĕхе пĕр хут çеç мар кăтартса панă. Анчах чылай предприятисем халĕ те пĕр тикĕс ĕçлемеççĕ-ха. Уйăхра туса кăлармалли продукцие çуррине яхăн вĕсем виççĕмĕш вунăкунлăхра туса кăлараççĕ. Çакă вăл производство хăвачĕсемпе туллин усă курманни патне, рабочисене ĕç хыççăн хăварса ĕçлеттересси патне, брак ÿсесси патне тата хăйсемпе çыхăнса тăракан ытти предприятисен ĕçне чарса лартасси патне илсе пырать».

Республикăри чылай предприятисен, промышленность енĕпе ĕçлекен министерствăсемпе управленисен тата трестсен руководителĕсем парти кăтартăвĕсенчен тивĕçлĕ вывод туман. 1952 çулхи тăваттăмĕш кварталта, уйрăмах декабрь уйăхĕнче, Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод, Куславккари çуртсем тăвакан завод, Улатăрти пăравуссем юсакан завод т. ыт. те тухăçлă ĕçлерĕç, планран иртгерсе чылай продукци туса кăларчĕç. Çак предприятисен руководителĕсем тунă çитĕнÿсене çирĕплетме, шалти резервсемпе туллин усă курма, цех начальникĕсемпе мастерсен ответлăхне ÿстерме кирлĕ мерăсем йышăнманнине пула асăннă предприятисем ку уйăхра япăх ĕçлеççĕ. Канашри вагонсем юсакан завод, Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ, арман тресчĕ тата ытти предприятисем те икĕ эрнери плана тултарайманни республикăри промышленность ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине кăтартаççĕ.

**Государство планĕ** вăл—закон, тесе вĕрентет парти. Предприятисен пурин те хăйсене панă государство заданийĕсене пур кăтартусем тăрăх та тултармалла, халăх хуçалăхне кирлĕ продукци çителĕклĕ туса кăлармалла. Халĕ кашни фабрикăпа заводра ăста рабочисем, инженерсемпе техниксем пур. Предприятисем çĕнĕ техникăпа хĕçпăшалланнă, чĕртаварпа материалсем çителĕклĕ илсе тăраççĕ. Умра тăракан задачăсене чыслă пурнăçласа пырасси предприятисем çав паха майсемпе пуринпе те туллин усă курнинчен, ĕçри çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерсе пынинчен, производствăри резервсене палăртса вĕсемпе усă курнинчен килет. Халăх хуçалăх планĕсене тултарас тĕлĕшпе çирĕп дисциплина туса хумалла. Государство заданийĕсене пĕр пăркаланмасăр пурнăçласси — кашни предприятин тивĕçĕ пулса тăнине хуçалăхпа парти руководителĕсен яланах асра тытас пулать.

Нумай хуçалăх руководителĕсем малашлăха курса ĕçлеççĕ, йывăрлăхсене çийĕнчех пĕтерме коллектива мобилизацилеççĕ. И. В. Сталин юлташ çапла вĕрентет: «Руль умĕнче тăни, ĕçсем пĕрпĕр инкек патне çитеричченех нимĕн курмасăр пăхса ларни—ертсе пырас тенине пĕлтермест-ха. Ертсе пырассине большевизм кун пек ăнланмасть. Ертсе пырас тесен, малашнехине витĕр курса тăрас пулать».

Паянхи хаçатра пичетленекен Чăваш АССР Статистика управленийĕ пĕлтернинчен республикăри промышленность пĕлтĕр çителĕксĕр ĕçлени курăнать. Çавăнпа пирĕн кăçал уйрăмах тăрăшса ĕçлемелле.

Парти, совет, хуçалăх, профсоюз, комсомол организацийĕсен ĕççыннисен анлă сийĕсене çулталăкри плана тултарма тата иртгерсе тултарма мобилизацилемелле, предприятисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерес, вĕсен ĕçне лайăхлатас шутпа çав çитменлĕхсене хăюллăн критиклессине тата самокритикăна анлă сарса ямалла. Парторганизацисен кадрсене производствăна организацилес ĕçри çитменлĕхсене хирĕç, хуçасăрлăхпа бюрократизм кирек мĕнле палăрнине те хирĕç пĕр килĕшмесĕр кĕрешме, малта пыракан тата прогрессивлă çĕнĕ ĕçсене вăхăтра тупма тата вĕсене пур майсемпе те сарса пыма воспитани памалла.

Çĕршывра вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленесси сарăлса пырать. Совет çыннисем яланах суйлав кунне ĕçри çитĕнÿсемпе кĕтсе илеççĕ. Предприятисемпе стройкăсенчи партипе профсоюз организацийĕсем суйлав ячĕпе социализмлă ăмăртăва анлăн сарса яма, рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен пуçарулăхĕпе пултарулăхне ÿстерсе пыма тивĕçлĕ.

1953 çулхи плана пур кăтартусем енĕпе те куллен тултарса пырасси — кашни предприяти коллективĕн чыслă тивĕçĕ.

# Вырăнти Советсен суйлавĕ умĕн

### Суйлав участокĕнче

Ĕçсынни депутачĕсен район Совечĕпе ял Советне суйламалли 13-мĕш суйлав участокĕнче агитациллĕ-массăллă ĕçе лайăх йĕркеленĕ. Кунти агитпункта плакатсемпе тата лозунгсемпе илемлетнĕ. «Коммунизмăн аслă стройкисем», «Сталинла Конституци хĕвелĕ айĕнче», «Колхозăн икĕ çул хушшинчи çитĕнĕвĕсем», «Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план» темăсем тăрăх тунă фотовыставкăсем суйлавçăсен кăмăлне кайяççĕ.

Агитпунктра кашни эрнере пĕрре «Çĕнтерÿçĕ» стена хаçачĕ тухса тăрать. Хаçат çине суйлавçăсем колхозлă ялăн пурнăçĕнче юлашки çулсем хушшинче пулнă çитĕнÿсем çинчен, ял Совечĕн организациллĕ-массăллă ĕçĕсем çинчен çыраççĕ.

Агитпунктра суйлавçăсем валли докладсемпе калаçусем иртгереççĕ. Вăтам шкул директорĕ А. Филиппов юлташ «Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план — ССР Союзне социализмран коммунизма аталантарса пымалли çул çинчи çĕнĕ пысăк утăм», учитель С. Григорьев юлташ «Совет Союзĕнчи суйлав йĕрки — тĕнчери чи демократиллĕ йĕрке» темăсем тăрăх лекцисем вуласа пачĕç.

Агитпункт 25 агитатора пĕрлештерсе тăрать. Вĕсене кашнинех 10-шар кил çумне çирĕплетнĕ. Агитаторсем суйлавçăсене ĕçсынни депутачĕсен район, хула, ял тата поселок Совечĕсене суйламалли положенипе паллаштараççĕ, Сталинла Конституци çинчен каласа параççĕ. Кашни агитатор государствăн заем вылявĕсене тĕрĕслесе парать.

Суйлавçăсем хушшинче библиотека заведующийĕ А. Николаева юлташ аван ĕçлет. Ăна кашни кунах суйлавçăсен килĕнче курма пулать. Акă вăл Г. Яковлев суйлавçă патĕнче Совет Союзĕнчи гражданисен прависемпе обязанноçĕсем çинчен каласа пачĕ. Унпа пĕрлех тĕнчери лару-тăру çинчен кĕскен ăнлантарчĕ. Чылайччен кăмăллăн калаçса ларнă хыççăн, Яковлев юлташ государствăн 1948 çулта кăларнă 2 процентлă заем облигацийĕсен вылявне тĕрĕслесе парать.

— Пилĕк пин тенкĕ выляса илнĕ,— пĕлтерет вăл суйлавçăна.

А. Николаева агитатор яланах хăйпе пĕрле заем вылявĕсен справкăллă таблицисене илсе çÿрет.

Суйлав умĕнхи агитациллĕ-массăллă ĕç колхозниксем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлăн сарса яма пулăшрĕ. Колхоз çитес çураки валли вăрлăх хатĕрлесе хучĕ. Мĕнпур вăрлăха пысăк кондицие çитернĕ. Уй-хир бригадисем пурте уя тислĕк кăларма тытăннă. Çавăн пекех ытти удобренисем пухас ĕç ăнăçлăн пырать.

**Е. ЗАХАРОВ.**

Вăрнар районĕ,
Киров ячĕпе тăракан колхоз.

### Активлă общественница

ЧУРАЧĂК. Вăрманкас Пайкилт ял Советĕнчи Уйкасси хресченĕсен пĕрлехи пухăвĕ Вăрманкас Пайкилт суйлав округĕ тăрăх Чурачăк район Советне депутата суйлама Кукшакассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкул директорне Васса Петровна Никифорова юлташа кандидата тăратрĕ.

Васса Петровна 1908 çулта Октябрьски районĕнчи Шĕнерпуçĕнче, чухăн хресчен çемйинче çуралнă. Вăл пурнăçри йывăрлăхсене çĕнтерсе пырса, пĕлÿ тума тăрăшать, учительница пулма вĕренсе тухать. 1930—1933-мĕш çулсенче вăл Çĕрпÿ районĕнчи пуçламăш шкулта ĕçлет. Ун хыççăн 1935 çулччен Чурачăк районĕнчи Йĕкĕрварти вăтам шкулта математика вĕрентет.

Вăл лайăх ĕçленине, унăн пултарулăхне кура, часах ăна Çĕрпÿри вăтам шкула, кайран Шупашкарти 6-мĕш номерлĕ вăтам шкула 5—7-мĕш классенче математика вĕрентме куçараççĕ.

1941 çулта Васса Петровна Чурачăк районĕнчи Кукшакассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкула вĕренÿ пайĕн заведующийĕ пулса ĕçлеме куçать.

1942 çулта Васса Петровнăна çав шкулăн директорĕ пулса ĕçлеме уйăрса лартаççĕ. Çак ĕçре вăл паянхи кунччченех ĕçлет.

Васса Петровна—активлă общественница. Вăл ĕççыннисемшĕн ырми-канми тăрăшса ĕçленĕшĕн суйлавçăсем ăна юратаççĕ.

Васса Петровна, хăйĕн ĕçне туса пынă вăхăтрах, пĕлĕвне ÿстерме тăрăшать. Халĕ вăл Чăваш педагогика институтĕнче 4-мĕш курсра заочно вĕренет.

Халăха çутта кăларас ĕçре нумай çул хушши ырми-канми ĕçленĕшĕн В. П. Никифорова юлташа СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ «Ĕçри хастарлăхшăн», «Ĕçре палăрнăшăн», «1941—1945 çулсенчи Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче хастарлă ĕçленĕшĕн» медальсемпе наградăланă.

**А. КОЛЬЦОВ.**

### Округри суйлав комисси ларăвĕ

КУСЛАВККА. (**Телефонпа**). Пĕршер округĕнчи суйлав комисси çак кунсенче райсовет исполкомĕн председателĕнчен Николай Федорович Смыков юлташран çыру илнĕ. Çав çырура Смыков юлташ Пĕршер ялĕнчи ĕççыннисене хăйне район Советне депутата суйлама кандидата тăратнăшăн тав тăвать тата асăннă суйлав округĕнчен район Советне депутата суйланма килĕшни çинчен пĕлтерет.

Округри суйлав комисси хăйĕн ларăвне пухăннă.

Ларăва, комисси членĕсемсĕр пуçне, обществăллă организацисен тата ял çыннисен представителĕсем пынă. Кун йĕркинче пĕр ыйту: район Советне суйлама тăратнă кандидата регистрацилесси.

Округри суйлав комисси председателĕ А. Герасимов юлташ комисси членĕсене район Советне депутата суйлама кандидат тăратни çинчен калакан материалсемпе паллаштарать тата кандидат çырăвне вуласа парать.

Унтан Н. Ф. Смыков юлташăн кандидатурине сĕннĕ тата ырланă Пĕршер ял çыннисен представителĕсем сăмах илеççĕ. Вĕсем хăйсем тăратнă кандидата регистрацилеме ыйтаççĕ.

Округри суйлав комисси, пĕр кăмăллă пулса, Н. Ф. Смыков юлташăн кандидатурине регистрацилеме тата ăна Пĕршер суйлав округĕнче сасăлама суйлав бюллетенне кĕртме йышăнчĕ.

**Т. ИВАНОВ.**
(Хамăр корр.).

### Ĕççыннисем валли докладсем

Пăрачкав районĕнчи ĕççыннисем И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенине тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене тĕплĕн вĕренеççĕ.

Парти райкомĕн штатра тăман лекторĕсемпе докладчикĕсем тата КПСС обкомĕн лекторĕсем иртгернĕ лекцисене темиçе пин çын итленĕ. И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ çинчен обком лекторĕсем Аникин тата Нестеренко юлташсем иртгернĕ лекцисене чылай шкулсенчи учительсем пысăк тимлĕхпе итлерĕç.

«Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ тата ССР Союзĕнчи коммунизм строительствин задачисем» тема тăрăх Сталин ячĕпе тăракан, «Заря», Ворошилов ячĕпе тăракан, «Трактор» тата ытти колхозсенче иртгернĕ лекцисене итлеме колхозниксем нумай пухăннă. Сăмахран, Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра лекцие 400 çын ытла итленĕ.

Вырăнти Советсен суйлавне иртгерме хатĕрленнĕ май, суйлав участокĕнчи 30 агитпунктра партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тăрăх кашни кунах лекцисем, докладсем тата калаçусем пулса иртеççĕ.

**В. ТОНЫШЕВ.**

### Тивĕçлĕ кандидатсем

МУРКАШ «Сталинец» колхозри пухура производствăра хастарлă ĕçлекен Т. Сергеев юлташ сăмах илчĕ.

— Эпĕ,—терĕ вăл,—район Советне депутата суйлама парти райкомĕн пĕрремĕш секретарьне Логинов юлташа кандидата тăратма сĕнетĕп.

Унăн сĕнĕвне ферма заведующийĕ А. Григорьев, колхоз председателĕ П. Сергеев, колхоз членĕсем П Ивановăпа М. Степанов тата шкул директорĕ А. Малыгина юлташсем ырларĕç.

Пуху, пĕр шухăш-кăмăллă пулса, район Советне Çатракасси суйлав округĕ тăрăх депутата суйлама Транквиллин Логинович Логинов юлташа кандидата тăратма йышăнчĕ.

«Свобода» колхоз членĕсем хăйсен пухăвĕнче район Советне депутата суйлама колхоз председательне Андрей Петрович Яриков юлташа кандидата тăратрĕç. Яриков юлташ 1934 çултанпа колхоз председателĕ пулса ĕçлет. Вăл ертсе пынипе колхоз çултан-çул тĕреклĕнсе пырать. Колхозниксем кашни çулах ĕçкунĕ тăрăх тырă, çĕрулми, пахча çимĕç, укça-тенкĕ чылай илеççĕ Колхоз ĕçченĕсен килĕсенче радио калаçать, Ильич лампочкисем çутатаççĕ. Колхозри йывăр ĕçсене механизацилеççĕ.

Пашалукасси суйлав округĕ тăрăх район Советне депутата суйлама «Красный Октябрь» колхоз членĕсем районти больница врачне Юлия Васильевна Герасимова юлташа кандидата тăратрĕç. Пухура унăн кандидатури пирки колхозри хастарлă колхозник 69 çулхи А. Петров çапла каларĕ:

— Юлия Васильевна районти больницăра ĕçлесе, ĕççыннисен сывлăхĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать. Эпĕ вăл пирĕн шанăçа тÿрре кăларĕ тесе шутлатăп.

Пухури çынсем çак сĕнĕве пĕр кăмăллă пулса йышăнчĕç. Герасимова юлташ ĕççыннисен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатассишĕн тăрăшса ĕçлет

**Н. БАРМИНОВ.**

### Суйлав умĕнхи çĕкленÿ

СОВЕТСКИ. Киров ячĕпе тăракан колхозра суйлав умĕнхи социализмлă ăмăрту кунтан-кун вăйланса пырать.

Ăмăртура уйрăмах комсомолецсемпе çамрăксем хĕрÿллĕ ĕçленине палăртмалла. Вĕсем 80 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухрĕç, минераллă удобренисем турттарса килес ĕçе анлăн хутшăнчĕç. Паянхи куна колхоз 180 центнер минераллă удобрени турттарса килчĕ тата 200 центнер турттарса килмелли пур. Бригадăсем пурте уй-хирте юр тытса хăвараççĕ.

**М СТЕПАНОВА.**

# Совет Союзĕ тăрăх



Куйбышевгидрострой Суднăсене иртгермелли анатри шлюза тунă çĕрте хĕрÿллĕ ĕç сарăлса кайнă. Кунта пĕр вăхăтрах тăпра чавса кăлараççĕ, металран тăвакан конструкцисене вырнаçтараççĕ, бетон хураççĕ.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: анатри шлюза тунă çĕрте металран тăвакан конструкцисен пайĕсене шăратса çыпăçтараççĕ.

Н. ФИНИКОВ фотоÿкерчĕкĕ
(ТАСС фотохроники).

### ЭЛЕКТРОМАШИНА-ТРАКТОР СТАНЦИЙĔСЕМ

Кăçалхи çул ялхуçалăхĕ электричествăпа авăн çапмалли, выльăх апатне вĕтетсе хатĕрлемелли тата турттармалли, сурăх çăмĕ касмалли, ĕне сумалли çĕнĕ машинăсем нумай илет. Колхозсемпе совхозсен производствинче электричествăпа усă курасси çултан-çул ытларах сарăлса пырать. Киев облаçĕнчи Корсун-Шевченковски МТС-ĕнче, Рязань облаçĕнчи Рыбновски МТС-ĕнче, Свердлов облаçĕнчи Баженовски МТС-ĕнче, çĕршыври тата ытти хăшпĕр машина-трактор станцисенче те иртнĕ çулта электротракторсемпе ăнăçлă ĕçленĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче ялхуçалăхĕнче электротракторсемпе, электричествăпа ĕçлекен ытти машинăсемпе ĕçлемелле тăвасси, çак ĕçе уйрăмах пысăк электростанцисен районĕсенче сарса пырасси ялхуçалăх енĕпе тăракан пысăк задачăсенчен пĕри пулать, тесе кăтартса панă.

Ростов облаçĕнче, Атăлпа Дон хушшинчи канал зонинче, малтанхи ултă электромашина-трактор станцийĕсем (ЭМТС) тума йышăннă. Çак станцисенчен икĕ станцине туса пĕтереççĕ. Кăçалхи çуркуннерен пуçласа Мечетновски ЭМТС ĕçлеме пуçлать. Çуллахи вăхăтра Дубенцовски ЭМТС ĕçлеме тытăнать. Ку станцисем Цимлянски гидроэлектростанцинчен электричество токĕ илсе тăраççĕ. Тепĕр тăватă ЭМТС 1954 çулта ĕçлеме пуçламалла. 1954 çулта Куйбышев облаçĕнче пĕрремĕш ЭМТС организацилеççĕ.

Çĕнĕрен организацилекен электромашина-трактор станцийĕсене пысăк хăватлă гусеницăллă электротракторсем вуншар параççĕ.

Çакăн пек кашни машинăна сезонра пиншер гектар тата ытларах та суха тума пулать. Электротракторсем ялхуçалăхĕнче агротехника кăтартăвĕсене тĕплĕн пурнăçлама май параççĕ. Электротракторсемпе 30—35 сантиметр тарăнăш тата пĕр тикĕс сухалама пулать.

Электротрактор электропередача линийĕнчен кирек хăш еннелле те 800 метр чухлĕ кайса ĕçлет. Электричество токĕ пырса тăмалли кабеле хушсан, вара электротрактор маларах каланинчен икĕ хут инçетерех кайса ĕçлеме пултарать. (ТАСС).



Мускав. Л. М Каганович ячĕпе тăракан пĕрремĕш подшипник завочĕн коллективĕ 1952 çулта производство заданине чылай иртгерсе тултарнă. Завод коллективĕ кăçалхи производство планне иртгерсе тултарассишĕн ăмăртса ĕçлет.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: цех начальникĕ Сталинла преми лауреачĕ Н М. Волков (сылтăмри) хатĕр подшипниксене тĕрĕслет.

В. ХУХЛАЕВ фотоÿкерчĕкĕ
(ТАСС фотохроники).

### ЗАКАЗСЕНЕ СРОКЧЕН ПУРНĂÇЛАНА

ДНЕПРОПЕТРОВСК, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Карл Либкнехт ячĕпе тăракан металлурги завочĕ Куйбышеври гидроэлектростанци строителĕсене пысăк трубасем ярса панă. Трубасене срокчен туса хатĕрленĕ.

Петровский ячĕпе тăракан металлурги завочĕ Сталинград тата Куйбышев гидроэлектростанцисене март уйăхĕнче тумалла пулнă заказсене ярса панă.

### Колхозсем валли теплоэлектроцентраль

СССР Ялхуçалăх министерствин Перовăри (Мускав облаçĕ) механически завочĕ паросиловой установкăсем туса кăларнă, — çак установкăсене ялхуçалăхне механизацилес тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри наукăпа тĕпчев институчĕн конструкцийĕ тăрăх тунă.

Çĕнĕ установкăсене колхозсенче теплоэлектроцентраль вырăнне усă курма туса кăлараççĕ. Установкăн пăс хуранĕ, пăс машини тата электрогенератор пур. Çак установкăна ĕçлеттерсе колхоз 250 киле çутă парса тăма тата выльăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕçе механизацилеме электроэнерги çителĕклĕ илет. Теплоэлектроцентраль паракан пăспа выльăх апачĕсене пĕçерсе çемçетме тата шыв ăшăтма усă кураççĕ.

Çĕнĕ агрегат питĕ перекетлĕ ĕçлет. Ăна торф, вутă, кăмрăк е ытти пĕр-пĕр вырăнти топливо çунтарса ĕçлеттерме пулать. Çĕнĕ установка халиччен пулнă локомобильсенчен нумай тухăçлăрах. (ТАСС).

### КОЛХОЗСЕМ ВОДОПРОВОД ТĂВАÇÇĔ

КРАСНОДАР, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Халĕ Кубаньри 30 колхозра артезиан çăлĕсем тума шăтăксем чаваççĕ тата водопровод тума линисем хываççĕ. Çичĕ колхозра хĕллехи вăхăтра тунă водопроводсем çак кунсенчех ĕçлеме пуçлаççĕ.

# Чăваш АССР халăх хуçалăхне малалла аталантармалли государство планне 1952 çулта тултарни çинчен

## *Чăваш АССР Статистика Управленийĕ пĕлтерни*

### I.

Чăваш АССР-ĕнчи промышленность 1952 çулта продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе 99,6 процент тултарнă.

1951 çулхипе танлаштарсан, 1952 çулта 7 процент ытларах продукци туса кăларнă.

1952 çулхи IV-мĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе 99,3 процент тултарнă.

Чăваш АССР-ĕнчи уйрăм министерствăсемпе ведомствăсем тата союзлă министерствăсемпе РСФСР министерствисене пăхăнса тăракан предприятисем еннĕпе плана çакăн чухлĕ тултарнă:

| | 1952 çулхи плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| Союзлă министерствăсене пăхăнса тăракан предприятисем | 99,7 |
| РСФСР министерствисемпе ведомствисене пăхăнса тăракан предприятисем | 101 |
| Вăл шутран: | |
| «Чăвашвăрман» трест | 99 |
| «Чăвашлесдрев» трест | 102 |
| Аш-какай тресчĕ | 97 |
| Çăкăр тресчĕ | 102 |
| Сĕт-çу тресчĕ | 102 |
| Чăваш АССР министерствисемпе ведомствисем | 97,5 |
| Вăл шутран: | |
| Вырăнти промышленность министерстви | 97 |
| а) çăмăл промышленность предприятийĕсем | 92 |
| б) вырăнти промышленность предприятийĕсем | 104 |
| Вăл шутран: районсемпе хуласенчи промкомбинатсем | 106 |
| Апат-çимĕç промышленность министерстви | 104 |
| Вăл шутран: районсемпе хуласенчи апат-çимĕç комбиначĕсем | 109 |
| Вырăнти топливо промышленность управленийĕ | 92 |
| Строительство материалĕсем тăвакан промышленность управленийĕ | 92 |
| Полиграфи промышленноçĕпе издательствăсен тата кĕнеке суту-илĕвĕн управленийĕ | 103 |
| Коммунальнăй хуçалăх министерстви | 102 |
| Пулă тресчĕ | 92 |
| Промысла кооперацийĕ тата инвалидсен кооперацийĕ | 97 |
| Вăл шутран: | |
| Чăвашпромсовет | 111 |
| а) Промсоюз | 114 |
| б) Швейпромсоюз | 107 |
| Вăрман кооперацийĕ | 83 |
| а) Древпромсоюз | 90 |
| б) Тарпромсоюз | 75 |
| Чăвашкоопинсоюз | 110 |
| Чăвашпотребсоюз предприятийĕсем | 92 |

Çăкăр тресчĕ, сĕт-çу тресчĕ, «Чăвашлесдрев» трест, Вырăнти промышленность министерстви (райпромкомбинатсем еннĕпе), Апат-çимĕç промышленность министерстви (районсенчи апат-çимĕç комбиначĕсем еннĕпе), Чăвашпромсовет тата Чăвашкоопинсоюз 1952 çулхи плана пĕтĕмĕшпе тултарнă пулин те, хăшпĕр чи кирлĕ йышши изделисем туса кăлармалли плана тултарайман.

### II.

1952 çулта продукци туса кăлармалли плана уйрăм предприятисем çакăн чухлĕ тултарнă:

| | 1952 çулхи плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| Еçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод (директорĕ Якунин) | 107 |
| Канашри вагонсем юсакан завод (начальникĕ Трухин) | 103 |
| Улатăрти пăравуссем юсакан завод (начальникĕ Соколов) | 103 |
| Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ (директорĕ Хрипушин) | 96 |
| Куславккари çуртсем тăвакан завод (директорĕ Коваленко) | 108 |
| Çĕмĕрлери «Большевик» завод (директорĕ Лузин) | 105 |
| Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан завод (директорĕ Русин) | 84 |
| Шупашкарти пир-авăр комбиначĕ (директорĕ Бекренев) | 106 |
| Шупашкарти пир-авăр фабрики (директорĕ Кулешов) | 103 |
| Çĕрпӳри пир-авăр фабрики (директорĕ Филиппов) | 94 |
| Сĕнтĕрти пир-авăр фабрики (директорĕ Хорошина) | 103 |
| Шупашкарти чăлха фабрики (директорĕ Петрунин) | 103 |
| Шупашкарти лента тĕртекен фабрика (директорĕ Байков) | 114 |
| Шупашкарти тир-сăран комбиначĕ (директорĕ Семенов) | 91 |
| Улатăрти атă-пушмак фабрики (директорĕ Дембицкий) | 79 |
| Ленин ячĕпе тăракан çĕвĕ фабрики (директорĕ Писарева) | 90 |
| Шупашкарти тумтир çĕлекен 1-мĕш индпошив мастерскойĕ (директорĕ Стайнова) | 98 |
| Шупашкарти ликерпа эрех завочĕ (директорĕ Кирюхин) | 100 |
| Етĕрнери спирт завочĕ (директорĕ Василенко) | 104 |
| Улатăрти махорка фабрики (директорĕ Мясник) | 105 |
| Шупашкарти кондитерски фабрика (директорĕ Егоров) | 83 |
| Шупашкарти макарон фабрики (директорĕ Иванов) | 126 |
| Етĕрнери çу завочĕ (директорĕ Смоленцев) | 111 |
| Шупашкарти хĕрлĕ эрех комбиначĕ (директорĕ Фомичев) | 104 |
| Атăл леш енчи электростанци (директорĕ Зубов) | 108 |
| Шупашкарти кирпĕч завочĕ (директорĕ Горюнов) | 94 |
| Çĕмĕрлери кирпĕч завочĕ (директорĕ Яковлев) | 123 |
| Ивановăри кирпĕч завочĕ (директорĕ Александров) | 79 |
| Энĕшпуçĕнчи кирпĕч завочĕ (директорĕ Михасев) | 84 |
| Сĕктерти вăрман комбиначĕ (директорĕ Авдеев) | 121 |
| Атăл леш енчи торф предприятийĕ (директорĕ Грибов) | 121 |
| Вăрмарти сĕтел-пукан фабрики (директорĕ Зенин) | 83 |
| Долгополянăри хăма çуракан завод (директорĕ Сарри) | 77 |

Канашри вагонсем юсакан завод, Çĕмĕрлери «Большевик» завод, Сĕнтĕрти пир-авăр фабрики, Шупашкарти ликерпа эрех завочĕ, Шупашкарти макарон фабрики тата ытти хăшпĕр предприятисем продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе тултарнă пулин те, хăшпĕр чи кирлĕ йышши изделисем туса кăлармалли плана тултарайман.

### III.

1952 çулта уйрăм изделисем туса кăлармалли плана çакăн чухлĕ тултарнă:

| | 1952 çулхи плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| Йывăç турттарса кăларнă | 86 |
| Вăл шутран: ĕçе юрăхлă йывăç | 82 |
| Хăма çурса кăларнă | 97 |
| Кирпĕч хĕртнĕ | 90 |
| Черепица хĕртнĕ | 54 |
| Известь хĕртнĕ | 43 |
| Электроэнерги туса кăларнă | 102 |
| Торф хатĕрленĕ | 103 |
| Вагонсем юсанă | 95 |
| Пăравуссем юсанă | 100 |
| Стандартлă çуртсем | 99 |
| Юман экстракчĕ | 101 |
| Пир-авăр | 101 |
| Чăлхапа носки | 103 |
| Трикотаж изделийĕсем | 127 |
| Сăран атă-пушмак | 85 |
| Çăматă | 90 |
| Çăнăх | 105 |
| Аш-какай | 92 |
| Колбаса | 104 |
| Ӳсентăран çăвĕ | 104 |
| Выльăх çăвĕ | 97 |
| Пулă тытнă | 81 |
| Кондитерски изделисем | 97 |
| Макарон | 124 |
| Çăкăрпа булка | 99 |
| Эрех | 99,6 |
| Хĕрлĕ эрехсем | 102 |
| Сăра тата брага | 93 |
| Тутлă шывсем | 96 |
| Махорка | 104 |
| Çуна | 85 |
| Урапа | 69 |
| Чăпта | 71 |

### IV.

1952 çулта пухса кĕртме тырă акнă лаптăк, 1951 çулхипе танлаштарсан, 2 процент ӳснĕ. Вăл шутран тулă акнă лаптăк 24 процент, техникăллă культурăсем акнă лаптăк—10 процент ӳснĕ.

Колхозсем çурхи тырă акмалли плана 102 процент тултарнă. Вăл шутран çурхи тĕштырă акмалли плана 104 процент, çурхи тулă акмалли плана 110 процент тултарнă. Техникăллă культурăсем акмалли плана 94 процент, çĕрулми лартмалли плана 98 процент, выльăх апачĕ акмалли плана 84 процент тултарнă.

Республикăри ялхуçалăхĕ техникăпа хĕспăшаланни колхозсенче ялхуçалăх ĕçĕсене ытларах механизациleме май пачĕ. 1952 çулта машина-трактор станцийĕсем ялхуçалăх ĕçĕсене, 1951 çулхипе танлаштарсан, 10 процент ытларах тунă. Вăл шутран ирхи çуркунне сӳрелемелли ĕçсем 59 процент, çурхи тырă акмалли ĕçсем 31 процент, комбайнсемпе тырă пухса кĕртмелли ĕçсем 59 процент, кĕрхи тырă акмалли ĕçсем 28 процент тата кĕрхи çĕртме тумалли ĕçсем 23 процент ытларах тунă.

МТС-сем плана пĕтĕмĕшпе 102 процент тултарнă. Анчах вĕсем хăшпĕр ялхуçалăх ĕçĕсен планне тултарайман. Сăмахран, çурхи тырă акмалли плана 98 процент, комбайнсемпе тĕштырă культурисем пухса кĕртмелли плана 81 процент, кĕрхи çĕртме тумалли плана 84 процент, хура çĕртме тумалли плана 32 процент тултарнă.

### V.

1952 çулта ваккăн тăвакан суту-илӳри тавар çаврăнăш планне 95 процент тултарнă.

Тавар çаврăнăш планне уйрăм суту-илӳ организацийĕсем çакăн чухлĕ тултарнă:

| | 1952 çулхи плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| Чăвашторг | 93 |
| Чебторг | 99,1 |
| Шупашкарти столовăйсен тресчĕ | 91 |
| РСФСР Вăрман промышленность министерствин Чăваш республикинчи УРС-ĕ | 96 |
| Хусан чугун çул управленийĕн 3-мĕш уйрăмĕн ОРС-ĕ | 100,3 |
| Канашри вагонсем юсакан заводăн ОРС-ĕ | 93 |
| Чăвашкниготорг | 86 |
| Союзпечать | 99 |
| Чăвашаптекоуправленийĕ | 107 |
| Чăвашпотребсоюз | 94 |
| Чăвашпромсовет | 93 |
| Чăвашкоопинсоюз | 85 |
| Чăваштарпромсоюз | 81 |

ЧĂВАШ АССР СТАТИСТИКА УПРАВЛЕНИЙĔ.

## Лайăх продукци туса кăларакансем

Шупашкарти макарон фабрикинче продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн, чĕртаварпа материалсем перекетлессишĕн социализмлă ăмăрту анлă сарăлнă. Пĕтĕм коллектив производство культурине ӳстерессишĕн, станоксене, цехсемпе складсене таса тытассишĕн кĕрешет.

Фабрикăра санитари çинчен вĕренмелли курссемпе кружоксем ĕçлеççĕ. Лаборатори тата техникăллă контроль пайĕ продукци пахалăхне тимлĕн тĕрĕслеççĕ, ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме пулăшаççĕ. Продукци пахалăхне лайăхлатмалли чи хăватлă меслет вăл — социализмлă ăмăрту. Вунă бригадăран çиччĕшĕ пысăк пахалăхлă продукци туса кăларакан бригада ятне илнĕ.

Фабрикăри чылай бригадăсем стандарт тăрăх палăртнинчен пахарах продукци туса кăлараççĕ, ĕç нормине куллен чылай ирттерсе тултараççĕ. Сăмахран, В. Белякова комсомолка тата Ф. Александрова юлташ ертсе пыракан бригадăсем çавăн пек ĕçлеççĕ.

Кăçал фабрикăн пĕлтĕрхинчен чылай нумайрах продукци туса кăлармалла. Пысăклатнă плана ăнăçлă тултарасси оборудованипе туллин усă курнинчен, рабочисен пуçарулăхĕпе пултарулăхне ӳстересе пынинчен килет.

Фабрика коллективĕ вырăнти Советсен суйлав кунне ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемпе кĕтсе илме сăмах пачĕ. Цехсем, сменăсем, бригадăсем хушшинче социализмлă ăмăрту вăйланса пырать.

Çак кунсенче фабрика пĕр тикĕс ĕçлет, производство заданине ăнăçлă тултарса пырать.

**В. ТАЗОВА.**

## „Агитатор блокночĕн“ черетлĕ номерĕ

КПСС Чăваш обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ кăларакан «Агитатор блокночĕ» черетлĕ, 2-мĕш номерĕ пичетленсе тухрĕ.

Ку номерте Д. Митьков юлташăн «Совет суйлав системи—тĕнчери чи демократиллĕ суйлав системи» ятлă статьи пысăк вырăн йышăннă.

2-мĕш номерте «Правда» хаçатăн «Профессор-врачсен маскипе витĕннĕ ирсĕр шпионсемпе çынвĕлеренсем» ятлă умстатьине пичетленĕ.

«Обществăллă хуçалăх—колхоз ӳсĕмĕн никĕсĕ» темăпа Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз председателĕ М. Митин юлташ каласа пани пур.

## „Прогресс“ колхозра

Чурачăк районĕнчи «Прогресс» колхоз Советсен суйлавне хăйĕн хуçалăхĕпе экономикине çирĕплетнипе кĕтсе илет. Колхозниксемпе колхозницăсем пуянтарах тата культурлăрах пурăнма тытăнчĕç. Колхозниксен кил-çурчĕсене электричество çутатать. Халĕ радиоузел туса лартнă. Колхозниксен килĕсенче çĕр ытла радиоточка ĕçлет. Колхоз правленийĕ умне аякка илтĕнекен репродуктор вырнаçтарнă.

Колхозниксемпе колхозницăсем политикăпа ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх çырнă кĕнекесене, илемлĕ литературăна тата куллен тухса тăракан хаçатсемпе журналсене тăрăшса вулаççĕ. Еншик Чуллă ялĕнчи библиотекăра пурĕ виçĕ пин ытла кĕнеке шутланать. Кунта 1952 çулта çĕнĕрен 400 кĕнеке—1.230 тенкĕлĕх — туяннă. Библиотекăран 300 çын ытла кĕнекесем илсе тăрать. Вулакансем хушшинче хĕрарăмсем 112 çын шутланаççĕ. Икĕ пĕчĕк ача амăшĕ Данилова Анна колхозница 1952 çулта илемлĕ литература кĕнекисене питĕ нумай вуланă, çав шутра вăл Л. Н. Толстойăн «Вырсарникун», «Анна Каренина», М. Горькин «Артамоновсен ĕçĕ», Гончаровăн «Обломов», Каверинăн «Икĕ капитан» ятлă кĕнекисене вуласа тухнă. Данилова юлташ 1952 çулта 155 ĕçкунĕ тунă.

«Прогресс» колхозра кашни колхозник тенĕ пекех хаçат е журнал çырăнса илет.

Клубра драмăпа хор тата ытти кружоксем ĕçлеççĕ. Драма кружокĕ час-часах спектакльсем лартса кăтартать. Анчах та юлашки вăхăтра «Прогресс» колхозра колхозниксене кино кăтартас ĕç япăхланса çитнĕ. Кунта 1952 çулти ноябрĕн 29-мĕшĕнчен вара колхозниксене пĕр кинокартина та кăтартман.

**Г. ТЕРНОВСКИЙ.**

## Ялхуçалăх машинисен паркĕ ӳсет

ЙĚПРЕÇ. Районти МТС-ра ялхуçалăх машинисен хисепĕ çултан-çул ӳссе пырать. Иртнĕ çулта «ДТ-54» маркăллă 10 трактор илсе килнĕ. Халĕ машина-трактор станцинче, 1949 çулхипе танлаштарсан, тракторсен шучĕ икĕ хут ытла ӳснĕ.

Комбайнсем, сеялкăсем, культиваторсем те нумай.

МТС-ри ялхуçалăх машинисен паркĕ ӳснĕ май, машинăсемпе тăвакан ĕçсен хисепĕ те пысăкланса пырать. 1952 çулта машина-трактор станцийĕ 40 пин гектара яхăн сухаланă чухлĕ ĕç тунă. Çакă вăл, 1946 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ытларах ĕç туни пулать.

## Студентсен хĕллехи каникулĕ

Аслă шкулсенчи экзаменсем вĕçленчĕç, студентсен хĕллехи каникулĕ пуçланчĕ.

Педагогика институтĕнчи комсомол комитечĕ студентсен каникулне ирттермелли план туса хатĕрлерĕ.

Хĕллехи каникул вăхăтĕнче вырăнти Советсен суйлавĕ ячĕпе студентсен йĕлтĕрлĕ агитпохочĕ пулать. Студент-агитаторсем республикăн нумай районĕсенче пулса, вырăнти Советсен суйлавĕ, Сталинла Конституци çинчен, партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тăрăх лекцисемпе калаçусем ирттереççĕ.

Чылай студентсем колхозсемпе совхозсенче пулса, ялти культурăллă-массăллă ĕçе йĕркелеме, унти комсомол организацийĕсен ĕçне вăйлатма пулăшаççĕ.

Нумай студентсем суйлав участокĕсенче, колхозсенче докладсемпе тематикăллă калаçусем ирттереççĕ.

**И. СЕРГЕЕВ.**

## *Вулакансен конференцийĕ*

ЕТĔРНЕ. Районти предприятисемпе колхозсенче, учреждениcемпе шкулсенче В. И. Ленин вилнĕренпе 29 çул тултарнă май лекцисем, докладсемпе калаçусем пулса иртеççĕ. Агитаторсем ĕççыннисене аслă Ленинăн вилĕмсĕр ĕçĕсем çинчен каласа параççĕ.

Районти библиотека И. В. Сталин юлташ çырнă «Ленин çинчен» ятлă кĕнеке тăрăх вулакансен конференцине ирттерчĕ. Унта чылай юлташсем тухса каларĕç.

Конференцире район центрĕнчи предприятисемпе учреждениcенчи рабочисемпе служащисем, педагогика училищинче, вăтам шкулта тата ялхуçалăх механизаци шкулĕнче вĕренекенсем йышлăн пулчĕç.

**Г. МЫТИКОВ.**

## *ПАРТИ ПУРНĂÇĔ*

## Суйлав участокĕнчи агитаци ĕçĕ

Шупашкар хулинчи фабрикăсемпе заводсенче, учреждениcемпе шкулсенче ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсене суйлама хатĕрленеççĕ.

Суйлава хатĕрленес тĕлĕшпе суйлав участокĕсем пысăк вырăнта тăраççĕ. Суйлавçăсем хушшинче агитациллĕ ĕçе лайăх йĕркелени суйлава ăнăçлăн ирттерме пулăшать. Суйлав участокĕн массăллă-политикăллă ĕçĕн центрĕ пулса тăмалла.

Пĕр предприятире е учреждение ĕçлекен рабочисемпе служащисем, хăйсем ăçта пурăннине кура, тĕрлĕ суйлав участокĕсенче суйлава хутшăнаççĕ. Çавăнпа та массăллă-политикăллă ĕçе суйлавçăсем пурăнакан вырăнта, суйлав участокĕнче туса пымалла.

Клубсенче, хĕрлĕ кĕтессенче, общежитисенче—суйлавçăсем пухăнакан пур çĕрте те — агитатор пулма тивĕçлĕ. Кашни совет гражданинĕн партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисене, Сталинла Конституцине суйлав законĕн пĕлтерĕшне ăнланса илмелле, хăйĕн демократиллĕ прависене лайăх пĕлсе тăмалла, округ тăрăх вырăнти Совета депутата суйлама тăратнă кандидат биографийĕпе паллашмалла.

Халăх хушшинче агитациллĕ-массăллă ĕçе сарса яма хулари предприятисемпе учреждениcенчи пуçламăш парторганизацисене суйлав участокĕсем çумне çирĕплетнĕ. Парти организацийĕсем суйлав участокĕсенче агитациллĕ-массăллă ĕçе организацилеççĕ, агитпунктсем тăваççĕ, унта плакатсем, лозунгсем, литература тăратаççĕ, суйлавçăсем валли калаçусем, докладсемпе лекцисем ирттереççĕ.

Хулари парторганизацинче агитаторсем пулса 3.497 çын ĕçлет, вĕсенчен коммунистсем—1.553 çын, комсомолецсем—1.085 çын, партире тăманнисем — 859 çын. Вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май хулари пуçламăш парторганизацисем агитколлективсен йышне ӳстерчĕç, агитаторсен шутне çамрăк рабочисем, инженерсемпе техниксем хутшăнчĕç. Çамрăк агитаторсем валли пуçламăш парторганизацисенче семинарсем ирттернĕ.

Агитаципе пропаганда ĕçĕнче ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсене депутата суйлама тăратнă кандидатсемшĕн агитаци туни пысăк вырăнта тăрать.

Кандидатсемшĕн агитаци тума довереннăйсем суйлаççĕ. Вырăнти Совета депутата суйлама тăратнă кандидатшăн агитаци тăвасси довереннăйсен задачи пулса тăрать. ~~Çак ĕçре вĕсене агитаторсен~~ куллен пулăшмалла.

Агитаци ĕçне лайăх туса пырасси суйлав участокĕнче агитаторсене тĕрĕс вырнаçтарса тухнинчен нумай килет. Кашни агитатора суйлавçăсен уйрăм ушкăнĕ çумне çирĕплетмелле. Ун пек тусан агитатор çынсене лайăх пĕлсе çитет, суйлавçăсен ыйтăвĕсене тĕрĕс шута илме пултарать.

Суйлав участокĕсенче агитаци ĕçне туса пыма халĕ çĕнĕ агитаторсем нумай хутшăнчĕç. Парти организацийĕсен агитаторсене суйлав участокĕнче массăллă-политикăллă ĕçе организацилес ыйтусем çинчен, унăн содержанийĕ çинчен вăхăтра тата тĕплĕн ăнлантарса памалла. Агитаторсен вырăнти Совета депутата суйлама тăратнă кандидатăн биографине, вăл ăçта ĕçленине, унăн обществăллă-политикăллă ĕçне уйрăмах лайăх пĕлмелле. Довереннăйсемпе агитаторсем валли тăтăшах инструктивлă канашлусем, докладсем, лекцисем ирттермелле, ушкăнпа тата пĕччен консультаци памалла, ĕçри лайăх опыта сарса пымалла.

Партин Шупашкар хула комитечĕн библиотеки агитаторсем валли тăтăшах консультацисем, лекцисем, докладсем ирттерет. Библиотекăра суйлав ячĕпе выставка организациленĕ. Унта суйлав законне пропагандăлас ĕçре усă курма агитаторсем валли литература кăтартса панă.

Кашни агитаторăн хăйĕн ĕçне суйлавçăсен активĕ пулăшнипе туса пымалла. Иртнĕ суйлав кампанинче килхуçи-хĕрарăмсем суйлав участокĕсенче агитациллĕ-массăллă ĕçе активлăн хутшăннă. Вĕсем агитаторсене стена хаçачĕ кăларма, калаçусем организацилеме пулăшнă. Çак паха опытпа халĕ те лайăх усă курмалла.

Суйлав кампанийĕ пуçланнăранпа хулари чылай агитпунктсем тăрăшса ĕçлеççĕ. Шупашкарти 11-мĕш суйлав участокĕнчи агитпункт 1951 çулхи декабрĕн 16-мĕшĕнче халăх суйчĕсене суйланă вăхăтранпа пĕр чарăнмасăр ĕçлет.

Ку агитпунктра яланах халăх нумай. Агитпунктра çутă, лайăх. Сĕтелсем çинче—хаçатсем, журналсем, партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем, стенасем çинче лозунгсем, плакатсем çакăнса тăраççĕ, курăнакан вырăна агитпункт ĕçĕн планне кăларса çакнă. Агитпунктра яланах докладсем, лекцисем, калаçусем ирттереççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем çинчен кунта 4 доклад, 114 калаçу ирттернĕ.

Лекцисемпе калаçусем ирттернипе пĕрлех агитпунктра художествăллă пултарулăх каçĕсем ирттермелле, кино кăтартмалла, стена хаçачĕ кăлармалла.

Агитациллĕ-массăллă ĕçĕн паха формисенчен пĕри вăл митингсемпе пухусем ирттерни пулса тăрать. Иртнĕ суйлав кампаничче суйлав кампанийĕн задачисене ăнлантарса пама, депутата суйлама тăратнă кандидатпа тĕл пулма предприятисемпе учреждениcенче митингсемпе пухусем тунă, хĕрарăмсен, çамрăксен, учительсен, врачсен пухăвĕсене ирттернĕ.

Агитациллĕ-массăллă ĕç хальхи суйлав кампанинче те анлăн сарăлса пырать. Агитпунктсенче, хĕрлĕ кĕтессенче, общежитисенче, суйлавçăсен килĕсенче агитаторсем хаçат вуласа параççĕ, калаçусем ирттереççĕ. Сăмахран, Чăвашпотребсоюзри пуçламăш парторганизацинчи агитатор Н. Рыбина юлташ суйлавçăсемпе час-часах тĕл пулать. Рыбина юлташ халăх сучĕсене суйланă вăхăтранпа пĕр чарăнмасăр агитаци ĕçне туса пырать. Вăл килхуçи хĕрарăмсене пухса, вĕсене партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем çинчен, пирĕн çĕршывра социализм пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ çĕнтерӳсем туни çинчен, совет халăхĕ миршĕн кĕрешни çинчен каласа панă. Халĕ вăл суйлавçăсене ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсене суйламалли положенин, пирĕн Совет государствинчи суйлав системи çинчен ăнлантарса парать.

Государство банкĕнчи, Ялхуçалăх министерствинчи парторганизацисен агитколлективĕсем те агитациллĕ-массăллă ĕçе лайăх туса пыраççĕ.

Суйлавçăсем пурăнакан çĕрте, суйлав участокĕсенче политикăллă агитацине анлăн туса пынă хушăрах, предприятисемпе учреждениcенче те агитациллĕ-массăллă ĕç çинчен манса каймалла мар. Агитаци ĕçне вăйлатса, ĕççыннисене производство планĕсене ирттерсе тултарма мобилизацилемелле.

Суйлав участокĕнче массăллă-политикăллă ĕçе вăйлатса пырса, кашни суйлавçăна суйлава хутшăнтармалла, вырăнти Советсене совет халăхĕн чи лайăх представителĕсене, Ленин—Сталин ĕçне чунтан-чĕререн парăннă çынсене суйласа хăвармалла.

Суйлав участокĕнчи агитациллĕ-массăллă ĕç ĕççыннисене Коммунистсен партийĕ тавра татах та çирĕпрех пĕтĕçтерме, совет патриотизмне ӳстерме, ĕççыннисене пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ирттерсе тултарассишĕн кĕрешĕве мобилизацилеме май парать.

**Н. ВАСИЛЬЕВ.**

## Съезд материалĕсемпе И. В. Сталин юлташăн произведенине вĕренеççĕ

Шупашкар хулинчи парти вĕренĕвĕн пур сыпăкĕсенче те партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене, И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине вĕренме тытăнчĕç.

КПСС Шупашкар хула комитечĕ политшкулсемпе кружоксен руководителĕсем тата консультантсем валли семинарсем ирттерет. Çак кунсенче «И. В. Сталин юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче каланă сăмах» тата «Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче Центральнăй Комитет ĕçĕ çинчен тунă отчетлă доклад» темăсем тăрăх 5 семинар пулчĕ. Семинарсем ирттерме аслă шкулсенчи преподавательсемпе хулари пысăк квалификациллĕ лекторсене уйăрнă. Хулара мĕн пурĕ 8 семинар организациленĕ. Семинар руководителĕсем КПСС Чăваш обкомĕ çумĕнчи 5 кунлăх семинарта вĕренчĕç.

Чылай политшкулсемпе кружоксенче съезд материалĕсем тăрăх малтанхи занятисем идея тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра иртрĕç. Пропагандистсем вĕренĕве коммунизм строительствин практикăллă задачисемпе тачă çыхăнтараççĕ.

КПСС хула комитечĕн библиотеки И. В. Сталин юлташăн гениллĕ произведенийĕ çинчен лекцисем ирттерет. «И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ — марксизм-ленинизм теорине пуянлатакан питĕ пысăк ĕç», «И. В. Сталин экономикăллă аталану законĕсен объективлă характерĕ çинчен» ирттернĕ лекцисене итлеме çынсем нумай пычĕç.

И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă ĕçне тата съезд решенийĕсемпе материалĕсене кружоксемпе шкулсенче вĕрентнĕ вăхăтрах, парти организацийĕсем Сталин юлташăн ĕçĕн тĕп ыйтăвĕсем тăрăх предприятисенче, учреждениcенче тата шкулсенче лекцисем, докладсем, консультацисем ирттереççĕ. Юлашки кунсенче партин хула комитечĕн лекторĕсемпе штатра тăман докладчикĕсем предприятисемпе учреждениcенче съезд решенийĕсем çинчен 100 лекципе доклад ирттернĕ.

## Пропагандистсен семинарĕ

КПСС Елчĕк райкомĕ штатра тăман пропагандистсен икĕ кунлăх семинарне ирттерчĕ. И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ çинчен А. Пушкин юлташ, «КПСС XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсем çинчен» М. Никишев юлташ, «КПСС Уставĕ — парти пурнăçĕн тĕп законĕ» тема тăрăх А. Семенов юлташ лекци вуласа пачĕç. Семинарта пулнисем пурĕ 8 лекципе доклад итлерĕç.

Семинарта 60 пропагандист пулчĕ.

**И. НАУМОВ.**

# Тăван çĕршыва йывăç ытларах хатĕрлесе парар!

## ХИСЕП ХĂМИ

**«Чăвашвăрман» трест тата ăссыники депутачĕсен райсовет исполкомĕсемпе КПСС райкомĕсем тăратнă тăрăх кĕриунипе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тата иртерсе тултарнăшăн республикăри Хисеп хăми çине çак колхозсене кĕртнĕ:**

**ШУПАШКАР РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

9. **«Красное знамя» колхоз** (председателĕ **Н. Микайлов** юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ **А. Клементьев** юлташ). Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 101,7 процент, турттарса кăлармалли плана 103 процент тултарнă.

10. **«Знамя революции» колхоз** (председателĕ **Н. Плотников** юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ **Н. Шоронов** юлташ, йывăç касса хатĕрлекен бригадăн бригадирĕ **А. Мочалов** юлташ, лавçăсен бригадирĕ **Г. Федоров** юлташ). Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 101,7 процент, çул хĕррине илсе тухмалли плана 100,7 процент тултарнă.

11. **Каганович ячĕпе тăракан колхоз** (председателĕ **А. Егоров** юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ **М. Семенов** юлташ). Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 104,3 процент, çул хĕррине илсе тухмалли плана 120,5 процент тултарнă.

12. **Сталин ячĕпе тăракан колхоз** (председателĕ **Г. Павлов** юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ **М. Дмитриев** юлташ) Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 100,3 процент, турттарса кăлармалли плана 104,2 процент тултарнă.

13. **Водопьянов ячĕпе тăракан колхоз** (председателĕ **П. Иванов** юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ **П. Кириллов** юлташ, вăрман хатĕрлекен бригадăн бригадирĕ **А. Петров** юлташ). Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 101 процент, çул хĕррине илсе тухмалли плана 106 процент тултарнă.

**ЧУРАЧĂК РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

14. **«Слава» колхоз** (председателĕ **Т. Федоров** юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ **Ф. Николаев** юлташ). Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 101 процент, çул хĕррине илсе тухмалли тата турттарса кăлармалли плана 100 процент тултарнă.

# Ĕçе комплекслă механизацилени ĕç тухăçлăхне ӳстерет

Çĕмĕрле вăрманпромхозĕ çултан-çул çĕнĕ те хăватлă механизмсемпе пуянланса пырать. Машиностроени промышленноçĕ вăрман хатĕрлес ĕçе пĕтĕмĕшле, комплекслă механизацилеме мĕн кирлине пурне те туса парать. Юлашки вăхăтра эпир технологи процесне çĕнĕлле йĕркелерĕмĕр.

Вăрманпромхозăн вуншар километр тăршшĕ ансăр чугун çул, паравуссемпе вагонсем тата ытти механизмсем пур. Ансăр чугун çул çывăхĕнчи кварталсенче йывăççене электропăчкăсемпе касса йăвантараççĕ те тăршшĕпех КТ-12 тракторсемпе чугун çул хĕррине илсе тухаççĕ. Унтан механизмсемпе платформăсем çине тиеççĕ те Çĕмĕрлери анатри склада турттарса кăлараççĕ.

Анатри складра йывăççене касса сыпăламалли площадка, пĕренесене пушатмалли хатĕрсем вырнаçтарса лартнă. Вĕсем кашниех пĕр вăхăтра 16 тоннăшар груз çĕклеме пултараççĕ. Килсе тăракан йывăçа çак площадка çинче электропăчкăсемпе опытлă рабочисем касса сыпăлаççĕ. Пĕренесене 240 метр тăршшĕ тăсăлакан транспортер çинче сортлаççĕ те штабеле купалаççĕ. Сортланă пĕренесене площадка çинчен вагон патне илсе пыма тата вагонсем çине тиеме ТЛ-3 лебедкăсем тата пăспа ĕçлекен кран лебедки пур. Сĕтел-пукан комбинатне тата «Большевик» завода ăсатакан пĕренесене площадкăран тепĕр енче электрокранпа тиеççĕ.

Йывăççене ваклакă чухне вутăлăх каякан вăрăм муклашкасем юлаççĕ. Вĕсене транспортер тăрăх разделочнăй цеха илсе пыраççĕ. Кунта вĕсене электропăчкăсемпе тата балансирлă пăчкăсемпе кĕскен ваклаççĕ, механически колунсемпе çураççĕ. Çурса хатĕрленĕ вутă тепĕр транспортер тăрăх вагона е склада каять. Вăрманта касса ваклас пулсан, çав йывăçранах ĕçе юрăхлă пайĕ 55—58 процент кăна тухать. Анатри складра касса ваклакă чухне вара ĕçе юрăхлă йывăç 75 процента çитет, уйрăм стахановецсем вара 80 процент таранах кăлараççĕ. Складра 60 лаша вăйлĕ локомобиль, ППЭС-40 икĕ электростанци, ПЭС-12-200 икĕ электростанци ĕçлеççĕ. Халĕ тата тепĕр электростанци лартатпăр. Унта 140 лаша вăйлĕ икĕ локомобиль пулать.

Хальхи вăхăтра икĕ мастер участокĕнче ансăр чугун çул çинчи вагонсем çине йывăççене тăрăшшĕпех тиеççĕ. Кашни мастер участокĕнче ПЭС-12-200 электростанци 5—6 электропăчкăна ĕçлеттерет. Йывăççене КТ-12 тракторпа делянкăсенчен чугун çул хĕррине илсе тухаççĕ. Кашни участокра икшер лебедка пур. Вĕсене ПЭС-15 электростанци энерги парса тăрать. Çитес вăхăтра тата ытти участоксенче ĕçе комплекслă механизацилетпĕр.

Ĕçе комплекслă механизацилени техникăпа туллин усă курма, ĕç тухăçлăхне чылай ӳстерме, ĕçе юрăхлă йывăç нумайрах кăларма тата оборотри укçа-тенкĕ çаврăнăшне хăвăртлатма май парать. Вăрманта ваклаca сортланă чухне пĕренесем штабельте нумай выртаççĕ, ăна пула вĕсен пахалăхĕ чакать. Халĕ вăрманпромхоз чылай йывăçа пĕр-ик талăк хушшинче касса турттарать. Тĕп ĕç анатри склада куçнă май, предприятири пĕтĕм рабочисенчен 60 процентĕ халĕ унта, 40 проценчĕ—вăрманта ĕçлет.

Механизмсемпе ĕçлекен кадрсем техникăна кĕске вăхăт хушшинче алла илсе ĕçре паха тĕслĕх кăтартаççĕ. В. Карюков юлташ пăспа ĕçлекен кранпа вагон çине йывăç тиет. 1952 çулхи ĕç нормине вăл 174 процент тултарчĕ, 34.353 кубометр йывăç тиерĕ. Унпа улшăнса ĕçлекен М. Сулейманов юлташ та паха тĕслĕхсем кăтартать. ТЛ-1 лебедкăпа ансăр чугун çул вагонĕсем çине тиекен П. Свиязовпа Н. Солдатов юлташсем нормăна тăтăш 122—134 процент тултарса пыраççĕ.

Паравус машинисчĕсенчен уйрăмах П. Чугуновпа М. Матренин юлташсем палăрса тăраççĕ. Вĕсем паравуссене юсамасăр ытларах чуптарма тăрăшаççĕ. 8 пин кубометр вырăнне Чугунов юлташ 1952 çулта 11.733 кубометр, Матренин юлташ—11.511 кубометр йывăç турттарса кăларнă. П. Шатров тракторист 8 уйăх хушшинче 5.123 кубометр йывăç ансăр чугун çул хĕррине илсе тухнă. Çак вăхăт хушшинче вăл виçĕ çамрăка вĕрентсе çитернĕ. Д. Пузанов электросварщика аслă мастер пулса ĕçлеме куçартăмăр.

1952 çулта вăрманпромхоз пурĕ 297 пин кубометр йывăç турттарса кăларчĕ. Çав йывăçран 18 пин кубометрне е ултă процентне çеç лавсемпе турттарнă. Вăрманпромхоз Тăван çĕршыва планран иртерсе 15 пин кубометр ытла йывăç хатĕрлесе пачĕ. Коллектив ку уйăхра та ăнăçлă ĕçлет. Январĕн 15-мĕшĕ тĕлне йывăç турттарса кăлармалли плана 55 процент тултарнă.

Партин XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче çапла каланă: «Вăрман хатĕрлес ĕçе комплекслă механизацилессине малалла аталантармалла. Производствăна организацилессине тата механизмсемпе усă курассине лайăхлатмалла, çапла вара йывăç хатĕрленĕ çĕрте ĕç тухăçлăхне ӳстермелле». Пирĕн коллектив съезд решенийĕсене пурнăçлассишĕн хăйĕн вăй-халне шеллемесĕр кĕрешет. Çитес сезонтан пуçласа пирĕн вăрманпромхоз пур ĕçе те ялаухи кадрти рабочисемпе туса пыма тытăнать.

**И. КНЯЗЕВ,**
**Çĕмĕрле вăрманпромхозĕн главнăй инженерĕ.**

# Шалти резервсемпе туллин усă курар

Канашри вагонсем юсакан завод, ытти предприятисем пекех, çĕнĕрен те çĕнĕ техникăпа хĕçпăшалланать, наукăпа техникăн, производство новаторĕсен опычĕпе усă курать. 1952 çулта вагонсене юсама хатĕрлекен цехра икĕ тоннăллă кран лартнă. Çав кранпа йывăр детальсене пĕр вырăнтан тепĕр вырăна хăвăрт куçараççĕ. Вагон рамисемпе кузовĕсене тӳрлетнĕ çĕрте пневмогидравлически домкратсемпе усă кураççĕ. Кивĕ вагонсене сăртан тата тутăхнинчен тасатма ятарласа участок уçнă. Кустăрмасем юсакан цехра метала электричествăпа хĕртекен вĕркĕчсем, хăватлă станоксем, прессем, крансем лартнă. Ытти цехсенче те организациллĕтехникăллă ĕçсем чылай туса иртнернĕ.

Рабочисен, инженерсемпе техниксен ăсталăхĕ тата пуçарулăхĕ ӳсет. Пĕлтĕр рационализаторла сĕнӳсем чылай пурнăça кĕртнĕ, технологи процесне çĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе уйрăм ĕçсем туса иртнернĕ. Çаксем вĕсем пурте ĕç тухăçлăхне ӳстерме пулăшакан майсем пулаççĕ.

Юлашки вăхăтра завод дирекцийĕ, партбюро тата завком пуян техникăпа тулли усă курас, шалти резервсене палăртас, новаторсен опычĕпе меслетне сарас тĕлĕшпе хăйсен ĕçне вăйсăрлатрĕç. Çавна пула заводра ĕç тухăçлăхĕ ӳсес вырăнне чакать. Пĕлтĕрхи ноябрь уйăхĕнче завод ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана 83 процент, декабрь уйăхĕнче 87 процент çеç тултарчĕ. Хуçалăх руководителĕсем ĕçпе производствăна кирлĕ пек йĕркелеменнине, йывăрлăхсемпе чăрмавсене сиенĕчех пĕтерсе пыма татăклă мерăсем йышăнманнине пула завод 1952 çулта государство заданине пурнăçлаймарĕ. Тăван çĕршыва 338 вагон парса çитереймерĕ.

Ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕкки производствăна кирлĕ пек организацилеменнинчен, чылай мастерсем, цех начальникĕсем ответлăх туйманнинчен килет. Цехсенче куллен çакна курма пулать: смена ĕçлеме тытăнсан вуншар станок ахаль ларать, рабочисем ĕç çуккишĕн тарăхаççĕ. Смена вĕçленес умĕн руководительсем хыпăнса ӳксех васкама тытăнаççĕ, поток тăрăх ĕçлесси пăсăлнăшăн ӳпкелеме пăхаççĕ.

Çакăнта калани тĕрĕссине кăтартакан тĕслĕхсем нумай. Тимĕрçĕ цехне илер. Вăл виçĕ сменăпа ĕçлет. Сменăри рабочисем ĕçе тухсан 30—50 минут хушши ахаль тăраççĕ—металл хĕрсе çитессе, детальсем кӳрсе килессе кĕтеççĕ. Пĕр вăхăтра, стахановецсен пуçарăвĕпе, чылай рабочисем ĕçрен кайиччен тепĕр смена валли металл хĕртсе хăвараччĕç. Çапла туни оборудованипе тулли усă курма, ĕç тухăçлăхне ӳстерме пулăшаччĕ. Цех начальникĕ Черноног юлташпа цехри профорганизаци çав паха пуçарăва сарма тăрăшмарĕç. Мастерсем гудок пулнă хыççăн çеç рабочисене заданисем пама тытăнаççĕ. Савăн пирки те рабочисен чылай вăхăчĕ сая каять. Металран тĕрлĕ изделисем туса кăларакан уйрăмра рабочисем материалпа детальсем кӳрсе парасса кĕтсе сехечĕ-сехечĕпе ĕçсĕр тăраççĕ. Вагонсем пухакан цехсем çак уйрăм болтсемпе гайкăсем çителĕклĕ туса паманнипе йĕркеллĕ ĕçлеймеççĕ.

Канашлусенче запаслă пайсем çителĕклĕ туса кăларманшăн, график тăрăх ĕçлеменшĕн Черноног юлташа час-часах ятлаççĕ, асăрхаттараççĕ. Тимĕрçĕ цехĕнче производство пайĕнче ĕçлекен инженерсемпе техниксем кашни кун тенĕ пек пулаççĕ. Анчах вĕсем те ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме, технологи процесне тĕрĕс йĕркелеме татăклă мерăсем йышăнмаççĕ.

Рессорсемпе пружинăсем тăвакан цехра усă курман резервсем нумай, ĕçе япăх йĕркеленĕ. Материалсене складран кӳрсе килме цехăн транспорт та, ятарласа уйăрнă рабочисем те çук. Çавăнпа ăста рабочисем складран материалсем илеççĕ те хăйсемех цеха йăтса пыраççĕ. Ун хыççăн тин вара кăмакасене чĕртсе ярса метала хĕртме тытăнаççĕ. Ĕçе тĕрĕс йĕркелесен, материалсем кӳрсе килме транспорт уйăрса парсан, цех рессорсемпе пружинăсем çителĕклĕ туса кăларма пултарать. Халĕхе вăл япăх ĕçлет, плана уйăхран уйăха тултарса пымасть.

Вагонсем пухакан цехсем час-часах пĕр тикĕс ĕçлеймени урапасем вăхăтра юсаса паманнинчен нумай килет. Январĕн 8-мĕшĕ тĕлне урапасем çитменнипе 50 вагона юсаса пĕтереймен. Урапасем юсакан цех ĕçне лайăхлатма пулать-и? Ун пирки иккĕленмелли çук. Ку цехра йĕркесĕрлĕхсем ытти цехрисенчен те нумайрах. Ирхине, 8 сехетре, урапасене салатакан слесарьсем çеç ĕçе вăхăтра тытăнма пултараççĕ. Нумай рабочисем салатнă урапасем, детальсемпе кустăрмасем çуккипе чылай ахаль тăраççĕ. Кустăрмасене юсакан цехра инспектор кустăрмасене 8 сехетре йышăнма тытăнать. Вăл вĕсене пăхса йышăниччен тата кустăрмасене урапасем юсакан цеха куçаричченн тата кирлĕ вырăна илсе пыриччен вăхăт чылай иртет. Çитменнине тата инспектор юсанă кустăрмасене талăкра икĕ хут çеç йышăнать. Çавна пула урапасем юсакан цех юсанă кустăрмасем пур çĕртех час-часах ĕçсĕр тăрать.

Елĕкрех урапасене вагон айĕнчен виççĕмĕш сменăра кăларса илетчĕç. Çав сменăрах вара юсама тата пухма салататчĕç. Ун чухне пĕрремĕшпе иккĕмĕш сменăсем тухăçлăрах ĕçлетчĕç. Пирĕн шухăшпа, ку цехра виççĕмĕш смена кирлĕ, унсăрăн урапасене вăхăтра юсаймаççĕ.

Цехсем йĕркеллĕ ĕçлейменшĕн транспорт цехĕ те айăплă. Ку цех юсамалли вагонсене ытти цехсене вăхăтра илсе пырса тăратмасть. Вагонсене кирлĕ вырăна тăратса çитеричченн пухакан цехсенче пĕр рабочи те ĕçе тытăнма пултараймасть. Уйрăмах цехсене материалсемпе запаслă пайсем тăратас ĕçе йĕркелеме кирлине палăртас пулать. Шоферсемпе лавçăсем ĕçе ирхине 8 сехетре çеç тухаççĕ. Бензинпа автол иличчен, мотора ăшăтиччен, цехра наряд иличчен сахалтан та пĕр сехет иртет. Материалсене складран кӳрсе килсе пушатма тата çавăн чухлех вăхăт кирлĕ. Пирĕн шухăшпа, транспорт цехĕн ĕç йĕркине улăштармалла, шоферсемпе лавçăсене ĕçе иртерех тухмалла тумалла.

Ĕç тухăçлăхне ӳстересси технологи процесне çĕнетсе лайăхлатниинчен, продукци пахалăхне аванлатнинчен те сахал мар килет. Чугунпа хурçă шăратакан цехра брак нумай пулать. Цех руководителĕсем технологи дисциплинине çирĕплетме, мастерсен ответлăхне ӳстерме тăрăшмаççĕ. Цехра детальсен пахалăхне тимлĕ тĕрĕслемеççĕ. Çавăн пирки механически цех кашни уйăхра вуншар тонна паха мар детальсем тӳрлетет, ăна пула ĕç вăйĕ нумай пĕтерет.

Тимĕрçĕ цехĕнче те продукци пахалăхĕшĕн кирлĕ пек кĕрешмеççĕ. Çак цех туса кăларакан паха мар буфер стержнисене запаслă пайсем юсакан цеха юсама хушаççĕ. Çирĕплетнĕ технологи процесĕ тăрăх ку детальсене механически цехра якатса йĕркелемелле. Запаслă пайсем юсакан цехăн кивĕ пайсене тӳрлетмелле. Заводра тĕрĕс мар планланă тĕслĕхсем сахал мар. Механически цехра оборудовани нумай. Вăл запаслă пайсем юсакан цех алă вăйĕпе туса кăларакан пайсене хăвăртрах тата йӳнерех туса кăларма пултарать. Анчах производство пайĕ тата главнăй технолог цехсен пултарулăхĕпе тулли усă курма тăрăшмаççĕ.

Нумай цехсемпе участоксенче штатра палăртнинчен ытлашши рабочи тытаççĕ. Халĕ заводра пурĕ планпа палăртнинчен 150 çын ытлашши тытаççĕ Уйăх вĕçленес умĕн заводра штурмлама тытăнаççĕ. Ытлашши рабочисем вăл вăхăтра кирлĕ пулаççĕ, çавăнпа та ĕнтĕ цехсен руководителĕсем штат дисциплинине пăсаççĕ. Кадрсен пайĕ тата ĕçпе ĕç укçи пайĕ экономика ыйтăвĕсемпе интересленмеççĕ, рабочисем ытлашши пулни ĕç тухăçлăхне ӳстерме чăрмантарнине шута илмеççĕ.

Заводра запаслă пайсем туса кăларас ĕçе япăх планлаççĕ. Складсенче хăшпĕр пайсем виç-тăват уйăхлăх пур, теприсем—паянхи кун валли те çук. Завод çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕсенче япăх ĕçлерĕ, чылай цехсем çур уйăх планне тултараймарĕç.

Асăннă тĕслĕхсем заводра усă курман резервсем нумаййине кăтартаççĕ. Производствăллă канашлусенче, пухусенче, стена хаçачĕсенче рабочисем ĕçри çитменлĕхсене палăртаççĕ, производствăна лайăхлатмалли паха сĕнӳсем нумай параççĕ. Анчах дирекципе партбюро тата завком рабочисен паха сĕнĕвĕсене пурнăçлама татăклă мерăсем йышăнмаççĕ. Коммунизм строительствин задачисем пире производствăри резервсемпе тулли усă курма, ĕç тухăçлăхне тăтăш ӳстерсе пыма, технологи процесне лайăхлатма хушаççĕ.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем, съездра И. В. Сталин юлташ тухса каланă сăмах совет çыннисен политикăллă активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне çĕнĕ хăватпа вăйлатрĕç. Вагонсем юсакан заводри рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тата иртерсе тултарассишĕн хăйсен вăйĕсене шеллемесĕр кĕрешеççĕ. Коллективăн пуçарулăхĕпе пултарулăхне пĕрмай вăйлатса пырса, пуян техникăпа тата шалти резервсемпе тулли усă курса ĕç тухăçлăхне малалла ӳстерсе пырасси—заводри партипе профсоюз организацийĕн чыслă тивĕçĕ.

**В. СЕМЕНОВ.**

# *Çуракине тимлĕн хатĕрленмелле*

ÇĔМĔРЛЕ. Сталин юлташ патне янă çырура илнĕ обязательствăсене пурнăçлассишĕн пуçарнă социализмлă ăмăртăва хутшăнса, районти хăшпĕр колхозсем пĕлтĕр çĕрĕсенче чылай пысăк ӳсĕм турĕç пысăк тухăçлă тырпул туса илчĕç. «Комбинат» колхоз вăтам шутпа кашни гектартан 13-шер центнер тĕштырă, 18-шар центнер сĕлĕ, 16-шар центнер сурхи тулă пухса кĕртрĕ. Çак колхозри Черкасов, Крылов тата Моисеев юлташсем ертсе пыракан бригадăсем хăйсен участокĕсенчи кашни гектартан 22,6-шер центнер çурхи тулăпа сĕлĕ туса илчĕç. Ленин ячĕпе тăракан колхоз та тырпул тухăçлăхне чылай ӳстерчĕ. Шангеев юлташ ертсе пыракан бригада гектартан 18,5 центнер çурхи тулă, 5,7 центнер йĕтĕн вăрри çапса илчĕ. «Родина». Сталин ячĕпе тăракан, «Знамя Ленина» тата ытти хăшпĕр колхозсен те тырпул тухăçлăхĕ 1951 çулхинчен чылай пысăкрах пулчĕ.

Иртнĕ çулта колхозсем тулăпа техникăллă культурăсене планран иртерсе акрĕç. Государствăна йĕтĕн сӳсĕпе вăрри парса, уйрăм колхозсем пысăк тупăш илеççĕ. Ленин ячĕпе тăракан колхоз йĕтĕн вăррипе сӳсĕнчен 33 пин тенкĕ тупăш илчĕ. Унсăр пуçне государствăран 100 центнер тулă, 500 килограмм сахăр, 20 центнер турантă илет. Техникăллă культурăсем «Знамя Ленина», «Родина», «Комбинат», Пренешри «1-ое Мая» колхозсене те пысăк тупăш параççĕ.

Тырпул тухăçлăхĕ çултан-çул ӳссе пыни тата техникăллă культурăсем ытларах акни асăннă колхозсен экономикине çирĕплетме пулăшать. Анчах çакна халлĕхе районти чылай колхозсем пирки калама çук. «Красный пахарь», «1-ое Мая», «Борец», «Полярная звезда», Свердлов ячĕпе тăракан колхозсем кашни çул пĕчĕк тухăçлă тырпул туса илеççĕ. Çак колхозсенче тырпул тухăçлăхĕ гектар пуçне 6—7 центнертан иртмест. Тырпул тухăçлăхĕ çакăн пек пĕчĕк пулни колхоз руководителĕсем çĕрĕçне пахалăхлă тума тăрăшманнинчен, вырăнти тата минераллă удобренисемпе япăх усă курнинчен, агротехникăна пăсса ĕçленинчен килет.

Хальхи вăхăтра çуракине хĕрсе хатĕрленмелле. Çитес çуракин ăнăçлăхĕ, чи малтан, çителĕклĕ вăрлăх хатĕрленинчен, ăна лайăх пăхса усранинчен килет. Анчах районти колхозсенче вăрлăх хатĕрлемелли плана 93,1 процент кăна тултарнă. 15 колхоз кăна вăрлăх çителĕклĕ хатĕрленĕ. «Борец», «Полярная звезда», «1-ое Мая», «Красный пахарь», Свердлов ячĕпе, Калинин ячĕпе тăракан, «Вперед» колхозсем вăрлăх хатĕрлемелли задание 50—60 процент ытларах анчах пурнăçланă. Районти колхозсенче пăрçа, хуратул тата техникăллă культурăсен вăрлăхĕсем уйрăмах сахал. Нумай колхозсем авăн çапса пĕтермен. Çакă вара вăрлăх хатĕрлес ĕçе чăрмантарса тăрать. Ялхуçалăх пайĕпе МТС руководителĕсем авăн çапассине хăвăртлатас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. МТС молотилкисем тĕрлĕ сăлтавсене пула кĕркуннерепех колхоз итемĕсем çинче ĕçсĕр лараççĕ. Машиноведсемпе трактористсене пулăшма МТС-ăн участковăй механикĕсем колхозсенче сахал пулаççĕ, молотилкăсене юсаса пама тăрăшмаççĕ. МТС авăн çапмалли плана 50 процент ытларах çеç тултарнă.

Колхозсенче нумай çул ӳсекен курăк вăррине çапса илес ĕç вырăнтан та хускалман темелле. Колхозсемпе тунă договор тăрăх МТС-ăн 300 гектар çинчен пухса кĕртнĕ клевер çапса памалла. Вăл ку ĕçе 25 процент чухлĕ кăна тунă. Нумай çул ӳсекен курăк вăррине çапса шĕкĕлчес тĕлĕшпе МТС график та туса хатĕрленĕ, анчах ăна пурнăçлас тĕлĕшпе ĕçлемеççĕ. МТС директорĕ И. Тупицын тата главнăй агроном В. Морозов юлташсен ответсăрлăхне пула, колхоз итемĕсем çинче хаклă курăк вăрри сая каять.

Хатĕрленĕ вăрлăха тасатса акма юрăхлă тăвас тĕлĕшпе те ĕçсем начар пулса пыраççĕ. 6 600 центнер вăрлăхран 1.971 центнерне кăна сортласа хунă. Вăрлăх пахалăхне тĕрĕслекен инспекци нумай колхозсенче вăрлăх ытлашши нӳрĕ пулнине палăртнă.

Районта вăрлăх тасатас тĕлĕшпе ĕçсем начар пыраççĕ пулин те, МТС руководителĕсем тырă тасатмалли машинăсемпе колхозсенче кирлĕ пек усă курмаççĕ.

Вăрлăх хатĕрлес тĕлĕшпе колхоз руководителĕсемпе ялхуçалăх пайĕ пĕлтĕрхи йăнăшсенех тăваççĕ. Колхозсем вăрлăх участокĕсене юпа лартсах уйăраççĕ, анчах çав лаптăксенчи тырра лайăх пăхса ӳстермеççĕ, уйрăм çапса кĕртмеççĕ. Тĕрĕслесе тăманнине пула ĕнтĕ Кăмашари «1-ое Мая» колхозра вăрлăхлăх тырра ахаль тырăпа хутшăнтарса янă. Кун пек тĕслĕхсем ытти колхозсенче те пур.

Колхозсенче хĕллехи агротехника ĕçĕсене те начар пурнăçлаççĕ. Пĕр колхоз та юр тытмасть. Торф хатĕрлеме Ленин ячĕпе тăракан колхоз кăна тытăннă.

Хулари предприятисемпе заводсем кĕле сырмана е ытти çĕре усăсăр кăларса тăкаççĕ. Çак хаклă удобренипе хула çывăхĕнчи «14 лет Октября» тата «Ударник» колхоз руководителĕсем усă курас темеççĕ. Колхозсем ялхуçалăх снабжени складĕнчен минераллă удобрени те турттарма тытăнман-ха, 29 колхозран 3 колхоз — «Комбинат», «Победа» тата Ленин ячĕпе тăракан колхозсем кăна минераллă удобрени кӳме тытăннă.

Ялхуçалăх машинисемпе ытти инвентаре юсасси вăраххăн пулса пырать. Хăшпĕр колхозсенче плугсемпе сӳресем тата сеялкăсем юр айĕнчех лараççĕ.

Хĕлле ялхуçалăх наукин çитĕнĕвĕсене тата малта пыракан опыта колхозниксем хушшине сарма лайăх. Çак паха майпа ялхуçалăх пайĕ усă курмасть. Ялхуçалăх специалисчĕсем ялсенче докладсемпе лекцисем туса памаççĕ; виçĕ çуллăх курссем вăхăтран вăхăта кăна ĕçлеççĕ, 24 группăран 5 группăра пĕрер заняти кăна иртнернĕ. Ку группăсене вара шăпах ялхуçалăх пайĕн главнăй агрономĕ М. Степанов, главнăй ветеринари врачĕ П. Тутушин, Хуморовпа Прусаков агрономсем ертсе пыраççĕ. 10 группăра 2—3 заняти çеç пулса иртнĕ. Занятисене чылай çĕрте руководительсем хатĕрленмесĕр пыраççĕ. Çавăнпа колхозниксем кирлĕ пĕлĕве илеймеççĕ.

МТС çултан-çул кадрсем çитменнипе аптăрать. Апла пулин те районпа колхоз руководителĕсем МТС-а ку тĕлĕшпе пулăшу пама тăрăшмаççĕ. МТС-ри курсра «Искра», «1-ое Мая», «Красный Октябрь», «Полярная звезда», «Заря», Калинин ячĕпе тăракан, «Большевик» колхозсенчен пĕр çын та вĕренмест.

Ял ĕçченĕсем халĕ вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленеççĕ: Вĕсен политикăллă тата ĕçри активлăхĕ нихçанхинчен пысăк. Районти партипе совет органĕсен колхозниксемпе механизаторсене çитес çуракине тĕплĕн хатĕрленсе çитме мобилизацилемелле.

**Н. ДМИТРИЕВ.**
**Е. АФАНАСЬЕВ.**

# Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Хĕрлĕ Чутай районĕнчи «Стахановец» артель ĕçĕнчи çитменлĕхсем çинчен çыру килнĕччĕ.

Чăвашпромсовет çырăва артель членĕсен пухăвĕнче сӳтсе явни, пуху çитменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ решени йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

Артельте ĕç дисциплинине пăсакансене тивĕçлипе ответ тыттарнă. Чăвашпромсоюз артеле укçа уйăрса парса пулăшнă. Членсем хушшинче культурăллă-массăллă ĕçе тивĕçлипе йĕркелеме культсовет йĕркеленĕ.

* * *

«Почта уйрăмĕ хăçан йĕркеллĕ ĕçлеме пуçлать?» ятлă çырăва (унта Ишлей районĕнчи çыхăну ĕçĕнчи çитменлĕхсене кăтартнăччĕ) «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ Чăваш республикинчи çыхăну управленине, çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнма, янăччĕ.

Сыхăну управленийĕ çырури чылай фактсем тĕрĕс пулни çинчен пĕлтерчĕ. Почта çыхăнăвне тата 1953 çулшăн хаçат-журнал сарас ĕçе тивĕçлипе йĕркелеменшĕн Ишлейри çыхăну кантурĕн начальникĕн ĕçĕсене туса пыракан Кушников, почта агенчĕ пулса ĕçлекен Смирнов, «Союзпечатĕн» районти организаторĕ Константинов юлташсене Çыхăну управленийĕ асăрхаттарнă.

Çыхăну управленийĕ Ишлейре çыхăну ĕçĕсене йĕркелеме пулăшма хăйĕн работникне чылай вăхăта командировкăна яма йышăннă.

*Редакцие килнĕ çыру*

# Колхозри кадрсем çине чунсăр пăхнине хирĕç

Шĕнерти «Глиссер» колхоза обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре юлашки çулсенче паллă ӳсĕм турĕ. Фермăсенчи работниксем тăрăшнипе 1952 çулта ĕне выльăх тата сыснапа сурăх ĕрчетмелли плансене иртерсе тултартăмăр. Выльăхсене пăхас ĕçе лайăхлатни, апатсемпе, уйрăмах тымарçимĕçсемпе, силоспа тĕрĕс усă курни выльăх-чĕрлĕхсен тухăçлăхне те çултан-çул ӳстерме май парать.

А. Григорьевăпа Н. Захарова дояркăсем хăйсем пăхакан 15 ĕнерен 1952 çулта 15 пăру илсе çитĕнтерчĕç, кашни ĕнерен 11 уйăх хушшинче вăтам шутпа 1.065-шер литр сĕт суса илчĕç. Сурăх пăхакансем А. Петровăпа М. Васильева юлташсем, 48 сурăхран 81 путек илсе ӳстерсе, хăйсен заданине 140 процент тултарчĕç. Сысна пăхакансен ĕçĕнче те пысăк ӳсĕм пур.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатнă май, колхоз государствăна аш-какай, сĕт-çу тата ытти продуктсем памалли плансене çулленех срокчен тултарать.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ колхозсемпе совхозсенче обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе çĕнĕ пилĕкçуллăхра тăракан пысăк программăна палăртса, выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕç ялхуçалăхăн таварлă продукци нумай паракан тата пысăк тупăшлă отраслĕ пулмаллине кăтартса пачĕ.

Çак программăна тӳррĕн пурнăçлассине, чи малтан, пур енчен те вĕрентсе хатĕрленĕ, хăйсен ĕçне пĕлекен кадрсем татса параççĕ. Выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçри кадрсене тĕрĕс уйăрса лартасси, вĕсен квалификацине ӳстересси, уйрăмах вĕсем улшăнса тăнине пĕтересси—колхоз правленийĕсемпе пуçламăш парторганизацисен, ялхуçалăх специалисчĕсен хальхи тапхăрти чи кирлĕ задачи пулса тăрать. Анчах районти организацисем ку тĕлĕшпе «Глиссер» колхоза кирлĕ таран пулăшу памаççĕ.

Районти колхозсенчи агротехникăна тата зоотехникăпа ветеринарие вĕренмелли виçĕ çуллăх курссене ертсе пыма кăçал пурĕ 55 специалист çирĕплетнĕ. «Глиссер» колхозри выльăх-чĕрлĕх пăхакансен вĕренĕвне организацилеме пĕр специалист та уйăрса яма шутламарĕç. Курссен заведующийĕ Спасова агроном пирĕн валли вĕренӳ программи те ярса памарĕ. Зоотехниксемпе ветеринарсем пирĕн колхоза килсе лекцисемпе докладсем иртерсен те пысăк пулăшу пулĕччĕ, анчах вĕсене те кĕтсе илме çук.

Колхоз правленийĕ, чи малтан унăн председателĕ И. Яковлев юлташ, фермăсенче ĕçлекен кадрсене çирĕплетес, вĕсене тухăçлă ĕçлеме лайăх условисем туса парас вырăнне, кăçал хăй юрăхсăр çул çине тăчĕ. «Эпĕ вăрман хатĕрлемелли плана тултарассишĕн кĕрешетĕп», тесе, вăл кадрсене салатса ямалли сиенлĕ меслет тупса кăларчĕ.

Ку «меслетĕн» историйĕ çакăн пек пуçланса кайрĕ. «Глиссер» колхоза кăçал государство валли вăрман касса хатĕрлеме, иртнĕ çултисемпе танлаштарсан, чылай пĕчĕкрех задани панă. Райисполком панă план тăрăх, Кире вăрманпромхозĕнче ĕçлеме колхозран 4 çын уйăрса ямалла. Яковлев юлташ вуçех урăхла шут тытнă Вăл пĕтĕм плана колхозри вăйпитти çынсем, çав шутра фермăри работницăсем çине те пĕр пек пайласа янă та приказ евĕрлĕ распоряжени панă: «Кашни çын Кирена кирек мĕнле кайса 20 фестметр вăрман касса хатĕрлетĕр, унсăрăн ĕçлесе илнĕ тырра тытса юлатпăр».

Государствăпа колхоз интересне маннă çынсемшĕн Яковлевăн киревсĕр меслечĕ питĕ çăмăллă пулчĕ. Вĕсем тимсĕр председатель умне тата ĕмĕтсĕрле требовани тăратаççĕ: «20 фестметр вăрман каснă хыççăн ытти çĕре кайса ĕçлеме ирĕк парăр». Председатель кунпа та килĕшет. Çак ĕçре ăна А. Васильев счетовод пулăшать. Кĕске вăхăт хушшинче вĕсем, никамран ыйтмасăр, правлени членĕсемпе сӳтсе явмасăр, пĕрлехи пухура çирĕплетмесĕр, 13 çынна пысăк укçа хыççăн хăваласа çӳреме справкăсем парса янă.

Фермăсенчи работницăсен мĕн тумалла? Вăрман хатĕрлевне каймасан Яковлевпа Васильев юлташсем вĕсен тыррисене тытса юлаççĕ. Доярка Н. Захарова, сурăх пăхакансем А. Петровăпа М. Васильева юлташсем фермăсенчи ĕçе пăрахса вăрмана кайрĕç. Чылай вăхăт иртсен вĕсем таврăнчĕç, анчах фермăна пымарĕç, хăйĕн йăлине çирĕп тытакан председатель вĕсене те кăмăл килнĕ çĕре тухса кайма справка панă. Фермăсенче ĕçлеме урăх колхозницăсене тупса лартмалла пулчĕ. Халĕ ĕнтĕ çĕнĕ работницăсене ĕçе вĕрентме чылай вăхăт иртерме тивет. Анчах ку вăл Яковлевшăн нимех те мар.

Райисполкомпа райком работникĕсем тата ялхуçалăх специалисчĕсем «Глиссер» колхозра тăтăш пулаççĕ, анчах Яковлевпа Васильев юлташсем государство планĕсене пĕртен-пĕр чиновниклабюрократла меслетпе çеç тултарма хăтланнине, çавăн пирки вĕсем колхоз отраслĕсенчи кадрсене салатса ярас çул çине тăнине асăрхаймаççĕ.

**А. ГРИГОРЬЕВ,**
**Сĕрпӳ районĕнчи «Глиссер» колхозри фермăсен заведующийĕ.**

# Выляв укçи илеççĕ

ТĂВАЙ. Районти перекет касси кашни çулах государство заемĕсен вылявĕсем тăрăх выляв укçи нумай тӳлет. Пĕлтĕр 263 пин тенкĕ ытла выляв укçи тӳленĕ. Пысăк вылявсем те нумай

**А. НИКОЛАЕВ.**

## Прагăра В. И. Ленин музейне уçнă

ПРАГА, январĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Прага хулинче Владимир Ильич Ленин музейне уçнă. Ăна Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе правительстви пуçарнипе тунă.

Музея уçнă чухне Клемент Готвальд сăмах тухса каланă.

Прагăри В. И. Ленин музейне Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Маркс—Энгельс—Ленин Институчĕн работникĕсем тата В. И. Ленинăн Мускаври тĕп музейĕнчи работниксем пулăшнипе тунă.

## Чехословакире „В. И. Ленинпа И. В. Сталин ĕç çинчен" ятлă сборник пичетлесе кăларнă

ПРАГА, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви çапла пĕлтерет: «Праце» издательстви «В. И. Ленинпа И. В. Сталин ĕç çинчен» ятлă кĕнеке пичетлесе кăларнă. Унта капитализмпа социализм вăхăтĕнчи ĕç çинчен калакан статьясене тата тухса каланă сăмахсене кĕртнĕ.

## Румынири Аслă Наци пухăвĕн сессийĕ

БУХАРЕСТ, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Паян ирхине Румынири Аслă Наци пухăвĕн пĕрремĕш сессийĕ уçăлнă. Аслă Наци пухăвĕн депутачĕсене 1952 çулхи ноябрĕн 30-мĕшĕнче Румыни Халăх Республикин çĕнĕ конституцийĕ тăрăх суйланă. Депутатсемпе хăнасем Румыни халăхĕн çулпуçне Г. Георгиу-Дежа, Петру Гроза доктора, Иосиф Кишиневские, Александру Могиорошă, Мирон Константинескуна, Киву Стойкуна тата партипе правительствăн ытти руководителĕсене ăшшăн кĕтсе илнĕ. Дипломати ложисенче ССР Союзĕн, Китайăн, халăх демократи çĕршывĕсен тата ытти чылай государствăсен дипломатиллĕ представителĕсен пуçлăхĕсем пулнă.

Сессие Аслă Наци пухăвĕн чи ватă депутачĕ, Наука академийĕн хисеплĕ президенчĕ Константин Пархон академик уçнă.

Аслă Наци пухăвĕн председателĕ пулма, пĕр саслă пулса, Румынири рабочисен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн членне Константин Пырвулеску депутата суйланă.

Аслă Наци пухăвĕ Румыни Халăх Республикин 1953 çулхи бюджетне пăхса тухать, Аслă Наци Пухăвĕн Президиумĕпе Верховнăй сула суйлать тата ытти чылай ыйтусене сӳтсе явать.

## Венгрири шахтерсем çĕр кăмрăкĕ нумайрах кăларассишĕн кĕрешеççĕ

БУДАПЕШТ, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Сухаваллори шахтерсен ушкăнĕ нумай пулмасть Венгрири мĕнпур горняксене тăван çĕршыв валли тата ытларах çĕр кăмрăкĕ кăларма чĕнсе каланă. Çак чĕнĕве çĕршывра пур çĕрте те ырланă. Догорги 8-мĕш шахтăн коллективĕ кварталти планран иртерсе пин тонна ытла çĕр кăмрăкĕ кăларма, шахтăра ĕçлекенсене пурне те социализмлă ăмăртăва хутшăнтарма, ĕçе организацилене тĕрĕслесе тăрассине вăйлатма, ĕç дисциплинине çирĕплетме пулнă. Матрановакри «Конституция» ятлă шахтăри рабочисем, инженерсемпе техниксем кварталти плана мартăн 27-мĕшĕ тĕлне тултарма, квартал пĕтиччен планран иртерсе икĕ пин тонна таран çĕр кăмрăкĕ кăларма обязательство илнĕ.

Çĕршыври ытти шахтăсен коллективĕсем те çавăн евĕрлĕ обязательствăсем илеççĕ. Шахтерсем машинăсемпе лайăхрах усă курма, малта пыракансен ĕç меслечĕсене вĕренсе çитме, ĕç тухăçлăхне ӳстерме тата çĕр кăмрăкĕ кăлармалли кăçалхи пысăклатнă плана тултарма пулаççĕ.

## Китайра геологсем вĕрентсе хатĕрлени

ПЕКИН, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикинче капитальнăй строительство анлăн сарăлнă. Вăл строительствăра геологиллĕ-разведкăллă ĕçсем туса иртерессипе питĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать.

«Женьминьжибао» хаçат Кăнтăр-Хĕвеланăç тата Центральнăй-Кăнтăр Китайра геологи разведчикĕсен кадрĕсене йышлăн вĕрентсе хатĕрлени çинчен çырать. Кăçал çĕр кăмрăкĕ, тĕслĕ металсем тата нефть кăлармалли вырăнсене шырас тĕлĕшпе иртнĕ çулхинчен нумайрах ĕçсем тумалла пулать. Çавна май Кăнтăр-Хĕвеланăç Китайра геологи управленийĕн аппаратĕнче ĕçленĕ техникăллă работниксен 95 процентне производствăллă ĕçе кусарнă. Квалификациллĕ кадрсем хатĕрлекен техника шкулĕсенче тата курссенче 3 пин çын вĕренет. Çĕре пăраласа шăтаракан мастерсемпе техниксем 380 çын хатĕрленĕ ĕнтĕ. Çĕнĕ техникăна вĕренме Çурçĕр-Хĕвелтухăç тата Çурçĕр-Хĕвеланăç Китайри промышленноçлă районсене 640 çын янă.

Геологиллĕ разведкăна тата çĕре пăраласа шăтармалли ĕçсене механизацилесси çине тимлĕ пăхаççĕ. Çĕре шăтармалли машинăсем кăçал иртнĕ çулхинчен 10 хут нумайрах ĕçлемелле.

Центральнăй-Кăнтăр Китайра 1953 çулта тумалли ĕçсен калăпăшĕ 1952 çулта тунă ĕçсен калăпăшĕнчен 20 хут пысăкрах пулать. Халĕ геологсем хатĕрлекен курссем ĕçлеççĕ. Геологи училищине уçма хатĕрленеççĕ. Унта 1.500 çын вĕренмелле.

## Америка хушнине пăхмасăр

**Цейлон Китай Халăх республикипе суту-илӳ тума шутлать**

ЛОНДОН, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Союзне тата унпа туслă пурăнакан çĕршывсене «стратегиллĕ» материалсем сутакан çĕршывсене Америка империалисчĕсем çар тата экономика «пулăшăвĕ» парса тăма чарăнассипе хăратаççĕ. Анчах хăшпĕр капитализмлă çĕршывсенчи суту-илӳ çыннисем Америка пусмăрлă условисемпе паракан «пулăшупа» килĕшмеççĕ. Вĕсем демократиллĕ лагерьти çĕршывсемпе суту-илӳ тăвасине йĕркелеççĕ.

Рейтер агентстви пĕлтернĕ тăрăх, 1952 çулхи декабрь уйăхĕнче Китай Халăх Республикипе Цейлон хушшинче риспа каучук улăштарса тăрасси çинчен 5 çуллăха суту-илӳ килĕшĕвĕ тата 1953 çул валли икĕ договор тунă. 1953 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа ку килĕшӳ вăй илнĕ.

Цейлонăн суту-илӳ министрĕ Сенанайяке ку килĕшӳ çине алă пуснă пирки çапла пĕлтернĕ: вăл килĕшӳ Цейлона суту-илӳри пассивнăй баланса пĕтерме пулăшĕ. Китай, тенĕ министр, пире ĕлĕкхинчен йӳнĕрех хаксемпе рис парса тăрать, каучука вара пирĕнтен малтанхинчен пысăкрах хаксемпе сутăн илет. США Цейлонран каучук сутăн илме сĕнӳ панине Цейлон правительстви сирсе янă. Пĕрлешӳллĕ Штатсем каучука Китай Халăх Республики паракан хакран 40 процент йӳнĕрех хакпа илме шутланă.

Çак килĕшӳ тăрăх Цейлон Китай Халăх Республикине пилĕк çул хушшинче 250 пин тонна каучук парать. США-ри империалистла ушкăнсем çавăншăн хытă пăшăрханаççĕ.

Пĕрне-пĕри хăрушсăрлăх туса парас тĕлĕшпе ĕçлекен Управленин отставкăна тухакан руководителĕ Гарриман: «Цейлонпа Китай хушшинчи çĕнĕ сыхăнусем пирки Пĕрлешӳллĕ Штатсен хытă шухăшламалла», тенĕ.

Цейлон Пекинпа килĕшӳ тунăшăн Гарриман питех те кăмăлсăр пулнă. Гарриман Цейлона хăратма хăтланса пăхнă. Цейлонри политикăллă ушкăнсем Гарриман хăратса каланисене хăйсен çĕршывĕн шалти ĕçĕсене хутшăнни пулать, тесе хаклана. Хăратса каланинчен нимĕнле ĕç те тухман. Цейлонăн премьер-министрĕ Дадли Сенанайяке кĕçĕн палатăра çапла пĕлтернĕ: Цейлон Китайпа суту-илӳ тумалли программăна малашне те пурнăçласа пырĕ.

## *Бонра алă пуснă договора хирĕç*

БЕРЛИН, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Берлинри демократиллĕ хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Киль хулинче демонстраци пулса иртнĕ. Ăна Бонра тата Парижра алă пуснă вăрçă договорĕсене хирĕç кĕрешес тĕллевпе иртернĕ. Конференцире Шлезвиг-Гольштейн çĕрĕнчен пынă 92 делегат, вĕсем хушшинче халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе Вена хулинче пулса иртнĕ Конгресĕн участникĕсем пулнă.

Конференци участникĕсем пĕр кăмăллă пулса резолюци йышăннă. Вăл резолюцире çар договорĕсене хирĕç, Хĕвеланăç Германире фашизм тепĕр хут çĕкленнине хирĕç татăклăн кĕрешме чĕнсе каланă.

Вăрçă договорĕсене хирĕç протестлекен демонстраци Ганновер хулинче пысăк çĕкленӳпе иртнĕ. Ку хулара пурăнакан çĕршер çынсем урамсем тăрăх факелсем йăтса утса пынă. Демонстраци участникĕсем Бонн правительствин вăрçă политикине хирĕç, Германипе хăвăртрах мирлĕ договор тăвассишĕн, Германи государствин пĕрлĕхне тепĕр хут тăвассишĕн нимĕç халăхне пĕрлĕхлĕ пулса кĕрешме чĕнекен лозунгсем çырнă транспарантсем йăтса пынă.

Факелсем йăтса иртнĕ хыççăн митинг пулнă. Унта Бонн правительствине сирпĕтсе антарма чĕнекен лозунгсем йышăннă.

## БОЛГАРИПЕ ДЕМОКРАТИЛЛĔ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИ ХУШШИНЧЕ СУТУ-ИЛӲ ВАЙЛАНАТЬ

СОФИЯ, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Болгари Халăх Республикипе Демократиллĕ Германи Республики хушшинче 1953 çулта суту-илӳ тăвасси тата тӳлевсем çинчен ĕнер София хулинче килĕшӳ çине алă пуснă.

Килĕшӳ тăрăх, 1952 çулхипе танлаштарсан, суту-илĕве чылай вăйлатма палăртнă. Демократиллĕ Германи Республики Болгарие машинăсемпе оборудовани, химикатсем, чĕртавар тата ытти таварсем парса тăрать. Болгари Демократиллĕ Германи Республикине промышленность валли чĕртавар, табак тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем парать.

## Китай Халăх Республикин Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Чжоу Энь-лай тунă протест

ПЕКИН, январĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Чжоу Энь-лай Америка самолечĕ Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайăн чикки урлă вĕçсе каçнине хирĕç ĕнер протест пичетлесе кăларнă. Самолет çинче ятарласа янă агентсем пулнă. Самолета США правительстви Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китая стратегиллĕ разведка тăвас шутпа янă. Протестра çапла каланă:

1953 çулхи январĕн 12-мĕшĕнче вырăнти вăхăтпа 21 сехет те 15 минутра Америкăн самолечĕ Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайра Аньдун районĕнче чикĕ урлă вĕçсе каçнă. Китайăн сывлăш-çар вăйĕсем самолет çулне пӳлнĕ те ăна персе ӳкернĕ. Америкăн самолет çинче пулнă 11 çар служащине тыткăна илнĕ. Вĕсем хушшинче—Америкăн 13-мĕш авиасоединенийĕнчи 581-мĕш авиаполкăн командирĕ полковник Джон Нокс Арнольд кĕçĕнни пур. Самолет çинче пулнă Америка сывлăш-çар флочĕн виçĕ çар служащийĕ вилнĕ. Ку самолет серийĕн номерĕ—44—62.217. Вăл самолет стратегиллĕ разведка валли, вăрттăн агентсене пăрахма тата çыхăну тытма «В-29» йышши бомбардировщикран çĕнетсе тунă самолет пулса тăрать. Самолет Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайăн чикки урлă вĕçсе каçни Америка империализмĕ тăвакан пысăк провокаци пулса тăрать. Америка империализмĕ хăйĕн агрессиллĕ вăрçине сарса пырас тĕллевпе преступникла стратегиллĕ разведка тума хăтланать. Китай халăхĕ çак ирсĕр ĕç пирки хытă тарăхать.

США правительстви, Инди резолюцийĕн проектне законсăр йышăннă ООН Генеральнăй Ассамблейи тăвакан ĕçсемпе хавхаланнăскер, Азире хăйĕн авантюрине сарса пыма активлă хатĕрленсе, юлашки икĕ уйăх хушшинче нимĕнле ĕç умĕнче те чарăнса тăмасть. Пĕр енчен, вăл тыткăна лекнĕ çар çыннисене вĕлерме, Корейăра бактериллĕ вăрçă туса пыма, Корейăн тылĕнче мирлĕ çынсемпе гражданла объектсем çине ним пĕркесĕр бомбăсем пăрахма чарăнмасть, çав вăхăтрах Корейăпа Китай делегацийĕн Пхеньянпа Кэсон хушшинче çӳрекен транспорт автомашинисем çине сывлăшран тапăнма юраманни çинчен калакан килĕшĕве пăсать. Çапла майпа вăл Корейăри перемири çинчен пыракан калаçусене пачах чарса лартма хăтланать.

Тепĕр енчен, США правительстви хăйĕн Корейăри агрессине хутшăнакан самолечĕсене час-часах Китайăн чикки урлă вĕçсе каçма тата бомбăсем пăрахса Китай халăхне вĕлерме ярать. Юлашки икĕ уйăх хушшинче Америкăн сывлăш-çар вăйĕсен самолечĕсем Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайăн чиккисем урлă вĕçе-вĕçе каçнă, 1952 çулхи ноябрĕн 28-мĕшĕнче, декабрĕн 8-мĕшĕпе 13-мĕшĕнче бомбăсем пăрахнă. Бомбардировка вăхăтĕнче Китайăн темиçе çынни вилнĕ тата аманнă. Америка агрессорĕсем унпа кăна лăпланмарĕç. Самолет çине ятарласа хатĕрленĕ агентсем лартса, вăл самолета преступникла ĕç тума ячĕç. Çав преступникла ĕç Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китай çинче стратегиллĕ разведка тунинче палăрать. Вĕсем агрессие сарса пыма вăрçа хатĕрленессине вăйлатас шутпа Китайра сĕмсĕррĕн саботаж тума хăтланнă. США правительствин вăрçа сарса пырас тĕлĕшпе тунă планĕсем путланса ларас пирки нимĕнле иккĕленӳ те пулма пултараймасть. Китай халăхĕ вăл плансене кураймасть, вĕсем пирки хытă тарăхать. Аньдун районĕнче Америкăн «RB-29» йышши самолетне персе ӳкерни Америка агрессорĕсене поражени кĕтсе тăни çинчен калать.

Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви çапла шутлать: США правительстви Корейăри вăрçа сарса пыма хатĕрленни Инçет-Хĕвелтухăçĕнчи тата пĕтĕм тĕнчери мире хăратса тăнине пĕлтерет. Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви хушнипе эпĕ США правительствине çакăн пек пысăк провокациллĕ ĕç пирки татăклăн протестлени çинчен пĕлтеретĕп. Çак провокациллĕ ĕç ятарласа хатĕрленĕ агентсене самолет çине лартса стратегиллĕ разведка тăвас тĕллевпе Китая янинче палăрать. США правительствине çапла асăрхаттарма тивет: Китай халăхĕ темле пулсан та Америкăн сывлăш-çар вăйĕсен агрессиллĕ сĕмсĕр ĕçĕсене тӳссе тăма пултараймасть, çавăн йышши сĕмсĕр ĕçсене пула тухса тăма пултаракан мĕнпур ĕçсемшĕн США правительствин ответ тытмалла пулать.

## Корейăри ĕçсем

**ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНАЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ**

ПХЕНЬЯН, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Корея Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай Халăх доброволецĕсен чаçĕсемпе пĕрле иртнĕ кун хушшинче Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç малтанхи вырăнсенчех çапăçнă, артиллерирен персе тăнă. Фронтсенче улшăнусем пулман.

Ĕнер çĕрле Америкăн сывлăшри вăрăкурахĕсем Пхеньян хулинчи мирлĕ халăх пурăнакан кварталсем çине тата сывăхри ялсем çине, унта çар объекчĕсем çук пулин те, бомбăсем пăрахнă. Халăх хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ.

## Индонезири забастовка

ДЖАКАРТА, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). АНТАРА агентстви çапла пĕлтернĕ: Америкăри «Стандарт вакуум петролеум» ятлă нефть компанийĕ тытса тăракан Пендопори нефть промыслисенче ĕçлекен рабочисем забастовка тума пуçланă. Вĕсем ĕç укçине ӳстерме, пурнăç условийĕсене лайăхлатма, Индонези рабочийĕсене хĕсĕрлеме чарăнма требовани лартнă.

Рабочисемпе администраци хушшинче ĕç пирки тухакан хирĕçӳсене татса парас тĕлĕшпе ĕçлекен центральнăй комисси рабочисен требованийĕсене сирсе янă, нефть промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзне забастовкăна чарса лартма хушнă.

«Санди курьер» хаçат Пендопори нефтяниксен пурнăçĕ пирки çапла çырать: Индонезири рабочисем çу сĕрнĕ çăкăр татăкĕпе пĕр стакан сĕт çинчен кăна мар, çимелли лайăх шыв çинчен те ĕмĕтленме те пултараймаççĕ. Медицина пулăшăвĕ пачах çук. Сывлăх начарланнă пирки ĕçлеме пултарайман рабочисене компани ĕçрен кăларса ярать. 1952 çулхи юлашки квартал хушшинче кăна начар сывлăхлă рабочисене 400 çынна ĕçрен кăларса янă.

«Ĕç укçи пĕчĕк пулнă, апат-çимĕç продукчĕсен пахалăхĕ начар пулнă, пурăнма çурт-йĕр çук пулнă пирки рабочисен пурнăçĕ тӳсме çук йывăр», тесе çырать хаçат.

## Америка компанийĕсем Турцири нефть промышленноçне тытса илеççĕ

СТАМБУЛ, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). «Джумхуриет» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, январĕн 21-мĕшĕнче Анкара хулинче Турци правительствипе Америкăри «Ральф Парсонс» фирма (Лос-Анжелос) хушшинчи калаçусем вĕçленнĕ. Калаçусем иртернĕ хыççăн Рамандагра тата Гарзанра кăларакан нефтьрен тĕрлĕ продуктсем туса хатĕрлеме завод тăвасси çинчен килĕшӳ çине алă пуснă. Килĕшӳре çавăн пекех нефтехранилищĕсем, лабораторисем, юсав мастерскойĕ, Гарзанпа Рамандагран пуçласа завода çитиччен 42 километр тăршшĕ нефтепровод тата насус станцийĕсем тăвасси çинчен каланă.

## Англире таварсем хакланса пыни

ЛОНДОН, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). «Дейли уоркер» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, январĕн 22-мĕшĕнче лейборист Артур Льюис общинăсен палатинче апат-çимĕç министрне ыйту панă. Вăл 1952 çулта чылай таварсен хакĕсем ӳснине кăтартса панă. Вăл, «пĕчĕк тупăш илекен çынсене çав таварсене туянма май парас» тесе, хаксене контроллесе тăма сĕннĕ.

Льюис çакна кăтартса панă: çăнăх 53—56 процент хакланнă, аш-какай консерви — 30 процент ытла, чей — 33 процент, бекон — 63 процент, çу—20 процент, сыр—86 процент, çăкăр—25 процент, бобы—45—50 процент, аш-какай—21 процент, сĕт—19 процент, тĕрлĕ çусем—12,5 процент хакланнă.

«Дейли уоркер» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, апат-çимĕç министрĕ Ллойд-Джордж январĕн 22-мĕшĕнче общинăсен палатинче çапла каланă: «1952 çулта акăлчансем вăрçăчченхинчен икĕ хут ытла сахалтарах çу туяннă».

## Вашингтон хушнипе

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). «Нью-Йорк таймс» хаçатăн корреспонденчĕ Розенталь ООН штаб-хваттерĕнчен пĕлтернĕ тăрăх, январĕн 9-мĕшĕнче Трюгве Ли ачасене пулăшмалли Пĕтĕм тĕнчери чрезвычайнăй фондăн сотрудницине Рут Кроуфорда ĕçрен кăларса янă.

Корреспондент çакăн çинчен аса илтерет: октябрĕн 15-мĕшĕнче Маккаранăн подкомиссийĕ Кроуфордран ыйтса тĕпченĕ. Ун чухне Кроуфорд хăй малтан Коммунистсен партийĕн членĕ пулнине йышăннă. Вăл хăй Коммунистсен партийĕнче тăнишĕн нихçан та каçару ыйтма пултаманни çинчен каланă, ку ыйтупа урăх нимĕн те калама килĕшмен пулнă.



Шупашкарти пристань коллективĕ навигаци хатĕрленет. Пассажирсене Атăл урлă каçармалли тата грузсем турттармалли суднăсене юсаççĕ.

**ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ:** пассажирсем лартса çӳремелли «Газовец» катера юсанă çĕрте ĕçлеççĕ.

П. ЕФРЕМОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Çамрăксем авиаци спортсменĕсем пулма вĕренеççĕ

Пирĕн çĕршывра авиаци спортне массăллăн сарма пур условисем те туса панă. Совет çамрăкĕсем авиаци спортне питĕ юратаççĕ, сывлăш флотĕнче ĕçлеме тăрăшаççĕ.

1931 çулхи январь уйăхĕнче комсомолăн IX-мĕш съезчĕ пулнă. Унта К. Е. Ворошилов юлташ сăмах тухса каланă хыççăн, Ленинла-Сталинла комсомол сывлăш флотне шефа илме йышăннă. Съезд çĕршыври мĕнпур комсомолецсемпе çамрăксене авиаци спортне вĕренме, сывлăш флотне куллен тĕреклетме чĕнсе каланă.

Ун хыççăн совет çамрăкĕсем комсомол шефа илнĕ сывлăш флотне куллен пулăшса пычĕç. Ленинла-сталинла комсомол уйăрса янипе чылай çамрăксем сывлăш флотĕнче хăйсен пултарулăхĕсене кăтартрĕç. Виçĕ хутчен Совет Союзĕн Геройĕ ятне илме тивĕçлĕ пулнă Иван Кожедуб, ун пекех Гастелло, Талалихин, Молодчий, Покрышев тата ытти нумай летчик-геройсем комсомол уйăрса янипе летчик пулма вĕреннĕ, Тăван çĕршыва сыхлас ĕçре хăюлăхпа паттăрлăх кăтартнă.

Пирĕн республикăри çамрăксем те авиаци ĕçне юратса вĕренеççĕ. Шупашкарти аэроклуб воспитанникĕ Георгий Паршин икĕ хутчен Совет Союзĕн Геройĕ ятне илме тивĕçлĕ пулнă. Анатолий Казаков, Александр Тухланов, Михаил Сапожников, Иван Герасимов, Зоя Парфенова тата ытти чылай çамрăксем Совет Союзĕн Геройĕ ятне илме тивĕçлĕ пулнă. Пурте вĕсем комсомол уйăрса янипе Шупашкарти аэроклубра вĕреннĕ.

Авиаци спортне вĕренесси авиамоделизмран пуçланать. Çавăнпа Досааф организацийĕсем авиамоделизм ĕçне пысăка хурса хаклаççĕ, анлăн туса пыма тăрăшаççĕ. Пирĕн çĕршыври паллă авиаконструкторсем А. Яковлев тата ыттисем те хăйсен малтанхи ĕçне модельсем тунинчен пуçланă. Совет авиамоделисчĕсем тĕнчере чи пысăк рекордсем туса хăйсен пултарулăхне кăтартнă. Пирĕн республикăри çамрăк авиамоделистсем те ку тĕлĕшпе паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Республикăри авиамоделистсен пĕлтĕр иртернĕ ăмăртăвне 50 ытла спортсмен хутшăнчĕ. Çав ăмăртура Шупашкарти ачасен техникăллă станцинчи авиамоделистсем паха тĕслĕх кăтартрĕç, малти вырăна тухрĕç, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи физкультурăпа спорт комитечĕн парнине илме тивĕçлĕ пулчĕç. Унсăр пуçне, уйрăм авиамоделистсене— В. Шипунова, Б. Пришедькона, Г. Агафонова—пурĕ 6 çынна хисеплĕ грамотăсем парса наградăланă. Республикăри ăмăрту пирĕн çамрăксем авиаци спортне питех те юратнине уççăн кăтартса пачĕ.

Авиамоделизмран çамрăксем планер çине кусаççĕ. Çакă авиаци спортĕнче тепĕр пысăк утăм туни пулать. Спортсмен-планерист вăл пулас летчик. Халĕ пирĕн республикăра çĕршер çамрăк планер çине ларса, унпа вĕçме вĕреннĕ, хăйсен пĕлĕвĕсене малалла ӳстерсе пыраççĕ. Спортсмен-планерист Александров юлташ «А-2» планерпа сывлăшра, 3 сехет те 17 минут вĕçсе, республикăра çĕнĕ рекорд турĕ. Соколов, Тихонов, Борисов, Хрипунов, Юрьев тата ытти чылай çамрăксем авиамоделизмран пуçласа планер патне çитрĕç, спортсмен-авиаторсем пулса тăчĕç.

Шупашкарти аэроклубра авиаци спортне вĕренме пур условисем те туса панă. Досааф членĕсем кунта авиамоделизмран пуçласа планерпа, самолетпа вĕçме те вĕренме пултараççĕ. Вĕсене ăста специалист-инструкторсем, летчиксем вĕрентеççĕ. Горбачевский инструктор-летчик авиаци спорчĕ енĕпе 17 çул ĕçлесе, чылай çынна самолетпа вĕçме вĕрентнĕ.

Аэроклубра занятисем ĕç хыççăн пулаççĕ. Çавăнпа çамрăксем ĕçрен уйăрăлмасăрах авиаци ĕçне вĕренме пултараççĕ. Шупашкарти педагогика институчĕн студенчĕ Константин Иванов пĕлтĕр парашют спортне вĕренме тытăннă. Чăсах вунă хутчен парашютпа сикнĕ. Çак енĕпе иртернĕ ăмăртура республика чемпионĕн ятне илме тивĕçлĕ пулнă.

Авиаци спортне сарас тĕлĕшпе çитменлĕхсем те сахал мар-ха. Досааф организацийĕсем чылайăшĕ çак тĕлĕшпе çителĕклĕ ĕçлемеççĕ, вĕсене профсоюз организацийĕсем кирлĕ пулăшу памаççĕ. Досааф тата комсомол организацийĕсен çак ĕçе пуçарса ертсе пыма тăрăшмалла.

Комсомол—сывлăш флочĕн шефĕ. Çавăнпа комсомол организацийĕсен çамрăксене авиаци спортне вĕренес ĕçре куллен пулăшса ертсе пымалла.

**В. КУДРЯШОВ,**
**Шупашкарти аэроклуб начальникĕн заместителĕ.**

## Йĕлтĕрçĕсен ăмăртăвĕ

ЧКАЛОВСКИ. Çак кунсенче район центрĕнче йĕлтĕрпе чупса мала тухас тĕлĕшпе пилĕк районти йĕлтĕрçĕсен командисен ăмăртăвĕ пулса иртрĕ. Ăмăртăва Комсомольски, Чкаловски, Елчĕк, Шăмăршă, Первомайски районĕсенчи йĕлтĕрçĕсен командисем хутшăнчĕç. Ăмăртура пур енĕпе те Чкаловски районĕн команди малти вырăна тухрĕ.

Уйрăм йĕлтĕрçĕсенчен О. Мальцева, В. Атнашкина, И. Краснов, А. Улангин юлташсем паха тĕслĕх кăтартрĕç.

В. КУЗНЕЦОВ.

## ВКЛАДЧИКСЕН ЙЫШĔ ӲСЕТ

ЕТĔРНЕ. Районти ĕçсыннисем перекет кассине çултан-çул ытларах укçа перекете хураççĕ. 1952 çулта районти перекет кассисене укçа хывакансен йышĕ 339 çын хутшăннă.

А. МЕДВЕДЕВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ-00937 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.